ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Октябрь 28 юнкун № 211 (9120)

Хакĕ 20 пус. 36-мĕш çул тухать.

**Совет Союзĕнчи ĕçсыннисем! Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви тавра татах та тачăрах пĕтĕçер, хамăрăн вăйсемпе творчествăлла хастарлăха хамăр çĕршывра коммунизм тăвас аслă ĕçе парар!**

**Сывă пултăр Коммунистсен партийĕн, Совет Правительствин тата халăхăн никам çĕмĕрейми пĕрлĕхĕ!**

*(КПСС Центральнăй Комитечĕ Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа чĕнсе каланисенчен).*

# Коммунистсен партийĕ Октябрь ячĕпе чĕнсе каланисем

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа чĕнсе каланисене пирĕн çĕршыври халăхсем пысăк çĕкленӳпе кĕтсе илчĕç. Коммунистсен партийĕ Октябрь ячĕпе чĕнсе каланисенче аслă Совет çĕршывĕн—хăйĕн ырă примерĕпе пĕтĕм малта пыракан этемлĕхе хавхалантаракан çĕршывăн — тулашри тата шалти аслă политики яр-уççăн палăрса тăрать.

Аслă Октябрь уявĕ—мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисен праçникĕ. Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтернĕ пĕтĕм тĕнчери историллĕ куна, тĕнчере çĕнĕ самана—капитализм ишĕлсе пымалли тата социализм çĕнтерӳсем туса пымалли самана пуçласа янă куна Совет Союзĕнчи халăхсемпе пĕрле пирĕнпе туслă Китай халăхĕ, халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕçсыннисем уявлаççĕ. Капитализмла, колониллĕ тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи пусмăрта асапланса пурăнакан миллионшар çынсем те пирĕнпе пĕрле çак куна палăртаççĕ. Çак кунсенче пĕтĕм тĕнчери ĕçсыннисем, пролетариллĕ интернационализмăн ырă идейисемпе хавхаланса, БПСС Центральнăй Комитечĕ чĕнсе каланă çак сăмахсене юратса калаççĕ:

**— Сывă пултăр Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарни!**

**— Сывă пултăр мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисен пĕр кăмăллăхĕ!**

Пирĕн çĕршыври Коммунистсен паттăр партийĕ, революцин аслă генийĕ Ленин туса хунă парти, Российăри чи революциллĕ пролетариата капитализма штурмлама çĕкленĕренпе 36 çул иртрĕ. Рабочи класпа ĕçхресченĕсен союзне организацилесе, Коммунистсен партийĕ 1917 çулхи Октябрьти Социализмла Аслă революцире капиталистсемпе помещиксен влаçне сирпĕтсе антарассине пурнăçларĕ тата пролетариат диктатурине туса хучĕ.

Российăра Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе туса хунă власть, рабочисен, хресченсен тата салтаксен депутачĕсен Совечĕсен влаçĕ—халăх влаçĕ законсем кăларма тытăнса чи малтан мир çинчен калакан чаплă декрета çирĕплетнĕ. Ленин çырса хатĕрленĕ çак историллĕ декрет Российăри тата мĕнпур çĕршывсенчи халăхсен туйăмĕсемпе ĕмĕчĕсене палăртнă. Вăл миршĕн кĕрешмелли чаплă ялав пулса тăнă, çав ялава тĕнчери пĕрремĕш социализмла государство 36 çул хушши ĕнтĕ çĕнтерӳллĕн çĕклесе пырать.

Аслă Октябрь уявĕ умĕн КПСС Центральнăй Комитечĕ çапла каласа чĕнет:

**— Миршĕн, демократишĕн, социализмшăн кĕрешекен мĕнпур халăхсене тăванла салам!**

**— Сывă пултăр халăхсем хушшинчи мир!**

**Интересленекен çĕршывсем пĕр-пĕринпе калаçса татăлнă тăрăх мирлĕ йĕркепе татса пама май килмен тавлашуллă ыйтусем çук!**

**— Мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисем! Тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатассишĕн, миршĕн пыракан кĕрешӳре, çĕнĕ тăнче вăрçи хатĕрлекен агрессиллĕ вăйсене хирĕç пыракан кĕрешӳре халăхсен пĕрлĕхне çирĕплетĕр! Миршĕн тăракансен речĕсене нумайлатса тата пĕтĕçтерсе пырăр!**

Совет Союзĕ миршĕн, демократишĕн тата социализмшăн кĕрешес ĕçре мĕнпур çĕршывсенчи ĕçсыннисен авангарчĕ пулса тăрать. Совет Союзĕнчи халăхсемпе алла-аллăн тытăнса аслă Китай халăхĕ, Польшăри, Чехословакири, Венгрири, Румынири, Болгарири, Албанири, Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи, Монголи Халăх Республикинчи, Демократиллĕ Германи республикинчи ĕçсыннисем миршĕн кĕрешеççĕ.

Демократиллĕ лагерьти çĕршывсемпе килĕштерсе ĕçлессине тата тăванла туслăха малалла çирĕплетсе пырас ĕçе Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пысăк вырăна хураççĕ.

**— Халăх хуçалăхне малалла аталантарассишĕн, халăх пурнăçĕн материальнăй тата культурăллă шайне малалла ӳстерессишĕн, социализмла общество тăвассишĕн ăнăçлă кĕрешекен халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕçсыннисене тăванла салам!**

**Сывă пултăр тата çирĕпленсе пытăр халăх демократи çĕршывĕсемпе Совет Союзĕ хушшинчи никам çĕмĕрейми туслăх тата пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлесси!**

**— Çĕршыва индустриализацилессишĕн, экономикăпа культурăна малалла çĕклессишĕн, хăйĕн демократиллĕ халăх государствине пур майсемпе те тĕреклетессишĕн ăнăçлă кĕрешекен аслă Китай халăхне тăванла салам.**

**Пирĕн çĕршывсенчи халăхсен ырлăхĕшĕн, мирпе тĕнчери халăхсен хăрушсăрлăхне çирĕплетес ĕçшĕн Совет Союзĕпе Китай Халăх Республики хушшинчи никам çĕмĕрейми тăванла туслăх, вĕсем пĕр-пĕринпе тачă çыхăнса ĕçлесси сывă пултăр, малалла чечекленсе пытăр!**

Совет çыннисем паттăр Корея халăхне, хăйĕн тăван çĕршывне интервентсенчен хӳтĕлесе хăварнă халăха, халăх хуçалăхне юсассишĕн, миршĕн, лаци пĕрлĕхĕшĕн кĕрешекен халăха тăванла салам яраççĕ. Вĕсем Германири демократиллĕ вăйсене, Хĕвеланăç Германие тĕнчери виççĕмĕш вăрçă вучахĕ туса хумалли преступникла плансене хирĕç кĕрешекенсене, саламлаççĕ. Пирĕн халăх, мире юратакан мĕнпур халăхсем пекех, Демократиллĕ Германи Республикине — никама пăхăнмасăр пурăнакан, мире юратакан пĕрлĕхлĕ Германишĕн пыракан кĕрешӳвĕн шанчăклă тĕрекне—саламлать.

Коммунистсен партийĕ Октябрь ячĕпе чĕнсе каланисенче нацин никама пăхăнманлăхĕшĕн, хăйĕн тăван çĕршывĕн мирлĕ тата демократиллĕ аталанăвĕшĕн, Японие империалистсен вăрçă плацдармĕ туса хурассине хирĕç паттăррăн кĕрешекен Япони халăхне саламланă. Империализм пусмăрне хирĕç, хăйсен ирĕклĕхĕпе нациллĕ никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешекен колониллĕ çĕршывсенчи тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи халăхсене тăванла саламланине миллионшар ĕçсыннисем чĕререн ырласа йышăнĕç. Коммунистсен партийĕ Англири, Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи тата Совет Союзĕнчи халăхсен вăрçа сирсе ярассишĕн, пĕтĕм тĕнчере çирĕп мир туса хурассишĕн кĕрешес ĕçри туслăхне саламлать. Сывă пултăр тата тĕреклентсе пытăр Совет Союзĕнчи халăхсемпе Франци тата Итали халăхĕсен туслăхĕ!

Мир ĕçне çирĕплетесси тата халăхсем вăрçăран хăрамасăр пурăнмалла тăвассишĕн кĕрешесси Совет государствин тулашри политикинче тĕп вырăн йышăнса тăрать.

**— Сывă пултăр Совет Союзĕн тулашри çирĕп политики—мире сыхласа хăвармалли тата çирĕплетмелли, çĕнĕ вăрçа хатĕрленнине хирĕç кĕрешмелли политика, тĕнчери халăхсемпе килĕштерсе ĕçлемелли тата мĕнпур çĕршывсемпе ĕçлĕ çыхăнусем тытмалли политика!**

Мир ĕçĕшĕн çине тăрса кĕрешсе, совет çыннисем çĕршывăн оборонине тĕреклетсе тата лайăхлатса пырасси хăйсен таса тивĕçĕ пулнине те яланах асра тытаççĕ. Октябрь уявĕ умĕн ССР Союзĕнчи халăхсем патриотла туйăмпа çĕкленсе çапла калаççĕ: Мире тата пирĕн Тăван çĕршывăн хăрушсăрлăхне сыхласа тăракан Совет Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене мухтав!

Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнине Совет çĕршывĕ хăйĕн вăйĕсем чечекленсе ӳссе пынă вăхăтра кĕтсе илет. СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ тата КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисенче промышленноçпа ялхуçалăхне малалла аталантарса пымалли, ĕçсыннисен пурнăçне малалла лайăхлатса пымалли питĕ пысăк программа палăртса хунă,—çак решенисем хамăр çĕршывра коммунизм тумалли задачăсене пурнăçлассишĕн кĕрешес ĕçре рабочисен, колхозниксен, интеллигенцин политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне хăватлăн çĕклентерсе ячĕç. Совет Союзĕнчи халăхсем, тăванла туслăхпа пĕтĕçсе, Коммунистсен партийĕ хавхалантарса пынипе çав программăна пурнăçлассишĕн вăй хурса ĕçлеççĕ.

**— Совет Союзĕнчи ĕçсыннисем! Коммунистсен партийĕпе Совет Правительстви тавра татах та тачăрах пĕтĕçер хамăрăн вăйсемпе творчествăлла хастарлăха хамăр çĕршывра коммунизм тăвас аслă ĕçе парар!**

**Сывă пултăр Коммунистсен партийĕн, Совет Правительствин тата халăхăн никам çĕмĕрейми пĕрлĕхĕ!**

**— Совет Союзĕнчи ĕçсыннисем! Рабочи класпа колхоз хресченĕсен никам çĕмĕрейми çирĕп союзне, пирĕн çĕршыври халăхсен тăванла туслăхне çирĕплетсе пырăр! Нумай нациллĕ аслă Совет государствин пĕрлĕхне ывăнма пĕлмесĕр çирĕплетсе пырăр, пирĕн социализмла Тăван çĕршывăн хăватне ӳстерсе пырăр!**

Коммунистсен партийĕ халăх интересĕсене чи малти вырăна хурать, вăл хăйĕн пĕтĕм ĕçĕсене халăхшăн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшса туса пырать,—çавна пирĕн çĕршыври ĕçсыннисем нумай çул хушшинчи пурнăçра курса ĕненчĕç. Коммунистсен партийĕн политики халăхăн тĕп интересĕсене палăртса тăрать.

**— Совет Союзĕнчи ĕçсыннисем! Партипе Правительствăн политикине, рабочи класăн, колхоз хресченĕсен, пирĕн пĕтĕм халăхăн пурнăçне татăклăнах лайăхлатма пулăшакан политикăна пурнăçа кĕртсе пырар! Халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине хăвăрт ӳстерер!**

Совет çыннисене халăх хуçалăхне хăватлăн çĕклентермелли задачăсене пурнăçласа пыма чĕнсе, Коммунистсен партийĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана пĕтĕмĕшпех тата иртерсе тултарассишĕн, пыракан социализмла ăмăртура çĕнĕ çитĕнӳсем тума, ĕç тухăçлăхне ывăнма пĕлмесĕр ӳстерсе пыма, социализмла хуçалăхăн мĕнпур майĕсемпе тата резервĕсемпе тулли усă курма, продукци пахалăхне лайăхлатма, унăн хăйне ларакан хакне йӳнетме чĕнет.

Йывăр промышленность социализмла экономикăн никĕсĕсен никĕсĕ пулса тăрать,— Октябрь ячĕпе чĕнсе каланисенче йывăр промышленность работникĕсем умне конкретлă задачăсем кăларса тăратнă. Куллен кирлĕ таварсем, апат-çимĕç таварĕсем туса кăларакан промышленность, вырăнти промышленность тата промысла кооперации работникĕсен чыслă ĕçĕ халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине хăвăрт ӳстересси пулать.

Хамăр çĕршывра, пĕтĕм халăх хуçалăхĕнче ертсе пыракан вăй пулса тăракан социализмла индустри хăватлăн аталаннă никĕс çинче, паха продуктсем нумай пулмалла тăвасси коммунизм строительствин программин питĕ кирлĕ пайĕ пулса тăрать. Хальхи условисенче, тесе кăтартса панă КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенире, çак задача пĕтĕм халăх умне халех пурнăçламалли задача пулса тухса тăчĕ.

— **Ялхуçалăх работникĕсем!**—тесе каланă КПСС Центральнăй Комитечĕ Октябрь ячĕпе чĕнсе каланисенче,— **Социализмла ялхуçалăхĕн пур отраслĕсене те çĕнĕрен хăватлăн çĕклентерессишĕн кĕрешĕр: çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче пирĕн çĕршыври халăхăн ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме кирлĕ чухлĕ апат-çимĕç продукчĕсем, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне кирлĕ чухлĕ чĕртавар парса тăмалла пултăр!**

Парти советла суту-илĕве пур майсемпе те вăйлатса пыма, хуласемпе ялсенче промышленность таварĕсемпе тата апат-çимĕç таварĕсемпе суту-илӳ тăвассине лайăхлатса пыма, магазинсемпе столовăйсен шутне ӳстерме чĕнет.

Совет обществинче экономика хăватлăн ӳссе пынипе пĕрлех социализмла культура та чечекленсе ӳссе пырать. Коммунистсен партийĕ наукăна, литературăпа искусствăна аталантарса пырассишĕн, коммунизм строительствинче, ĕçсыннисене марксизм-ленинизмăн пурне те çĕнтерекен идейисемпе, социализмла Тăван çĕршыва чунтан-чĕререн парăнса ĕçлеме, политика тĕлĕшĕнчен яланах сыхă пулма воспитани парас ĕçре наукăпа литературă тата искусство рольне ӳстерессишĕн тăрăшать.

**— Наука учрежденийĕсемпе аслă шкулсен работникĕсем! Совет наукине малалла аталантарса пырăр! Наука ĕçĕнчи çитменлĕхсене критикăлессине хăюллăнрах сарса пырăр! Промышленноçпа ялхуçалăхне малалла аталантарас ĕçре наука рольне ӳстерĕр, специалистсем вĕрентсе хатĕрлес ĕçе сарса тата лайăхлатса пырăр!**

**— Литературăпа искусство работникĕсем! Хăвăр творчествăн идейăпа художествăлла шайне ӳстерсе пырăр! Пирĕн аслă халăха тивĕçлĕ произведенисем туса парăр!**

**— Халăха вĕрентес ĕç работникĕсем! Шкулти вĕрентӳпе воспитани ĕçĕн пахалăхне лайăхлатăр! Социализмла обществăн культурăллă тата нумай вĕреннĕ гражданĕсене, коммунизмăн активлă строителĕсене вĕрентсе хатĕрлĕр!**

Совет çĕршывĕнчи халăхсене çапăçусенче çирĕпленнĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ ертсе пырать, çавăнпа вĕсем коммунизмшăн кĕрешсе пĕтĕм тĕнче историйĕнче палăрса тăракан çĕнтерӳсем турĕç. Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ, халăх массисен çулпуçĕпе организаторĕн рольне ăнăçлă пурнăçласа, пирĕн Тăван çĕршыври ĕçсыннисене çĕнтерӳ хыççăн çĕнтерӳ тумалли çулпа ертсе пырать. Коммунистсен партийĕн пĕтĕм ĕçĕнче халăха, ĕçсыннисен революциллĕ хăватне ĕненни палăрса тăрать. Марксизм-ленинизмăн аслă вĕрентĕвĕпе хĕçпăшалланнă пирĕн парти ĕçе ăсталлă ертсе пымаллине пĕлет, вăл ăна ăнăçлăн ертсе пырать. Коммунистсен партийĕн вăйĕ вăл халăхпа тачă пĕтĕçсе тăнинче. Халăхăн вăйĕ—вăл парти тавра пĕтĕçсе тăнинче.

Октябрьти Социализмла Аслă революци çĕнтернĕ куптанпа иртнĕ 36 çул хушшинче пирĕн паттăр халăх Коммунистсен партийĕ ăслăн ертсе пынипе утса тухнă чаплă çул çине совет çыннисем савăнса пăхаççĕ. Вĕсем Коммунистсен партипе, хамăрăн советлă Тăван çĕршыва хĕрӳллĕн юратса çапла калаççĕ:

**— Сывă пултăр аслă Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕ—пирĕн çĕршыври халăхсен туслăхĕпе мухтавĕн никĕсĕ—пĕтĕм тĕнчери мирĕн никам арнатайми çирĕп тĕрекĕ!**

**— Сывă пултăр аслă совет халăхĕ—коммунизм тăвакан халăх!**

**— Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ—коммунизм тăвассишĕн кĕрешес ĕçре совет халăхне çул кăтартса ертсе пыракан аслă вăй!**

**— Ленин—Сталин ялавĕ айĕнче, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, малалла—коммунизм çĕнтерĕвĕ патне!**

**(«ПРАВДА» хаçатăн октябрĕн 26-мĕшĕнчи умстатьинчен).**

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

## СССР Наука академийĕн пĕрлехи пухăвĕ

Октябрĕн 26-мĕшĕнче Мускаври Ученăйсен çуртĕнче СССР Наука академийĕн пĕрлехи пухăвĕн юлашки ларăвĕ пулнă. Ларура организациллĕ ыйтусене пăхса тухнă: СССР Наука академийĕн президиумне суйланă, институт директорĕсене çирĕплетнĕ тата ытти ыйтусем те пăхса тухнă.

А. Н. Несмеянов академик çапла пĕлтернĕ: пĕрлехи пухăвăн президиум составне академиксене—СССР Наука академийĕн уйрăмĕсен секретарĕсене суйламалла. Устав тăрăх, полномочи тухнă президиум членĕсене тепĕр хут суйламалла, çавăн пекех паллă наукăпа тĕпчев институчĕсене ертсе пыракан чылай ученăйсен кандидатурисене сӳтсе явса, вĕсене президиум составне суйламалла.

Пĕрлехи пухăвăн çавăн пекех СССР Наука академийĕн вице-президентне суйламалла пулнă, мĕншĕн тесен В. П. Волгин академик, нумай вăхăт хушши СССР Наука академийĕн вице-председателĕнче ăнăçлă ĕçлесе пынă хыççăн, сывлăхĕ начар пулнă пирки, пĕрлехи пухуран хăйне вице-председатель обязанноçĕсене туса пырассинчен хăтарма ыйтнă.

Суйлама тăратнă кандидатсене сӳтсе явнă хыççăн пĕрлехи пуху вăрттăн сасăлама тытăннă.

Вăрттăн сасăласа СССР Наука академийĕн президиум составне çаксене суйланă: академиксем—А. Н. Несмеянов (президент), И. П. Бардин (вице-президент); К. В. Островитянов (вице-президент), А. В. Топчиев (главнăй ученăй секретарь), М. В. Келдыш, М. М. Дубинин, Д. И. Щербаков, А. И. Опарин, С. А. Христианович, М. Н. Тихомиров, В. В. Виноградов, Г. Ф. Александров, И. В. Курчанов, Т. Д. Лысенко, И. Г. Петровский, В. С. Немчинов.

## Кашни хуçалăх ĕне усрать

БЕРЕЗОВКА (Одесса облаçĕ), октябрĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Партин 17-мĕш съезчĕ ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнчи 37 хуçалăх çак кунсенче колхоз пулăшнипе ĕнесем туяннă. Халĕ Балайчук ялĕнчи 222 кил пурте ĕне усраççĕ.

Обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли кирлĕ таран утă, силос, тымарçимĕçсем хатĕрленĕ хыççăн, ялхуçалăх артелĕн правленийĕ колхозниксене кашни ĕçкунĕ пуçне 4,5-шер килограмм выльăх апачĕ валеççе парать.

Ворошилов ячĕпе, Димитров ячĕпе тăракан тата «Суспильна праця» тата ытти ялхуçалăх артелĕсенчи колхозниксем те вуншар ĕне туяннă.

## Ялхуçалăхĕнчи çĕнĕ машинăсем



Мускаври К. А. Тимирязев ячĕпе тăракан ялхуçалăх академийĕн профессорĕ В. И. Эдельштейн пахча çимĕçсен вăррине хут ленти айне акма сĕнне. Ялхуçалăх машинисем тăвакан Пĕтĕм Союзри наукăпа тĕпчев институчĕн инженер-конструкторĕсем М. Л. Кругляков, А. Я. Савин тата А. Ф. Шилин пахча çимĕçсен вăррине хут ленти айне акмалли машина тунă.

Трактортан кăкарнă машина çинче хут чĕркенĕ катушкăсем пур. Машина хут лентине çĕр çине сарса пырать, хута тата тăпрана шăтарса шăтăксем тăвать, кашни шăтăка пахча çимĕç вăррисем ӳксе пыраççĕ. Унтан хут лентине тăпрапа витсе хураççĕ

Хут ленти айĕнчи тăпра нӳрĕ, ăшă пулать, пахча çимĕçсен вăррисем лайăх шăтса ӳсеççĕ. Хут ленти айне сывлăшпа çутă кĕмен пирки çумкурăксем шăтса ӳсеймеççĕ. Вара хут лентисем хушшинчи тăпрана культиваторсемпе кăпкалатнипе çителĕклĕ пулать. 1954 çулхи март уйăхĕ тĕлне çавăн пек машинăсем чылай туса кăлараççĕ.

ӲКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: пахча çимĕçсен вăррине хут ленти айне акмалли машина.

В. ШАРОВСКИЙ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Силос нумай хатĕрленĕ

БАШТАНКА (Николаев облаçĕ), октябрĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Районсенчи колхозсем обществăлла выльăх-чĕрлĕхе витесенче усрама пуçланă. Кăçал кашни фермăрах сĕтеклĕ апат кирлĕ таран хатĕрленĕ. Районти колхозсем кашни ĕне пуçне 5,6-шар тонна силос хывнă.

## Совет писателĕсен Союзĕн правленийĕн пленумĕ

Октябрĕн 24-мĕшĕнче СССР Совет писателĕсен союзĕн XIV-мĕш пленумĕ хăйĕн ĕçне вĕçленĕ.

Юлашки ларура Б. Симоновăн доклачĕ тăрăх тата Б. Лавреневăн содоклачĕ тăрăх «Хальхи вăхăтри совет драматургийĕн ĕçĕсем тата задачисем» çинчен решени йышăннă.

Ун хыççăн пленумра пулнисем «Совет писателĕсен Пĕтĕм Союзри иккĕмĕш съездне пухасси çинчен тата организациллĕ ыйтусем» çинчен А. Сурков пĕлтернине итленĕ.

Пленум 1954 çулхи кĕркунне совет писателĕсен Пĕтĕм Союзри съездне пухасси çинчен решени йышăннă. Çавна май 1954 çул пуçламăшĕнче СССР Совет писателĕсен союзĕн правленийĕн XV-мĕш пленумне пухмалла. Унта съезда хатĕрленес тĕлĕшпе умра тăракан ыйтусене пăхса тухмалла.

Пленум СССР Совет писателĕсен Союзĕн правленийĕн ертсе пыракан органĕсене суйланă. СССР Совет писателĕсен правленийĕн председателĕ пулма А. Фадеева суйланă.

Пленум правлени секретариачĕн составне суйланă. Унта А. Сурков (пĕрремĕш секретарь), Б. Симонов, Н. Тихонов, Л. Леонов, Н. Грибачев, Б. Полевой кĕнĕ. (ТАСС).

## Планран иртерсе пир-авăр

ТАШКЕНТ, октябрĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Ташкентри Сталин ячĕпе тăракан пир-авăр комбиначĕн коллективĕ ĕнер продукци туса кăлармалли вунă уйăхри плана тултарнă. Пир-авăр тĕртекенсем октябрь уйăхĕнчи 25 кун хушшинче перекетленĕ чĕртавартан планран иртерсе 140 метр пир-авăр тĕртнĕ, 7 пин тонна çип арланă.

КПСС Центральнăй Комитечĕ Чĕнсе каланисемпе хавхаланса, комбинат коллективĕ тата хастарлăрах ĕçleme—вунă кунхи планран иртерсе темиçе пин метр паха пир-авăр тĕртсе пама пунă.

Узбекистан столицинчи ытти промышленность предприятийĕсем те пĕтĕм халăх уявне ĕçри çитĕнӳсемпе кĕтсе илеççĕ.

# ОКТЯБРЬ УЯВĔ УМĔНХИ ĂМАРТУ

## Чĕре патне пыракан чĕнӳсем

КУСЛАВККА, октябрĕн 26-мĕшĕ. (Телефонпа). Çуртсем тăвакан завод коллективĕ Аслă Октябрь 36 çул тултарнине чыслăн паллă тума хатĕрленет. Уяв ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, чылай рабочисем, бригадăсемпе сменăсем тата цехсем ĕçре çĕнĕ ӳсĕмсем тăваççĕ. Ăмăртура çуртсем тăвакан цех коллективĕ малта пырать. Паян вăл октябрь уйăхĕнчи плана срокчен тултарчĕ, халĕ уйăх вĕçлениччен планран иртерсе 12 çурт туса кăларассишĕн кĕрешет. Хăма çуракан, чĕртавар парса тăракан цехсем те октябрьти плана ăнăçлă тултарса пыраççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕ Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа чĕнсе каланисене заводри рабочисемпе служащисем, инженерсемпе техниксем тулли кăмăлпа кĕтсе илчĕç.

— Партин Центральнăй Комитечĕ, — терĕ столярнăй цехри стахановец-коммунист В. Никифоров юлташ,—пире, рабочисене, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, продукци пахалăхне лайăхлатма, перекетлĕхшĕн кĕрешме чĕнсе калать. Çак чĕнӳсене пурнăçлама, Тăван çĕршывра коммунизм тума эпир пĕтĕм вăя хурса ĕçлĕпĕр.

Никифоров юлташ иртнĕ уйăхри нормăна 270 процент тултарнă, çавăншăн ăна «Цехри чи лайăх столяр» ятле панă. Çак кунсенче вăл виçшер норма тултарса ĕçлет.

Çуртсем тăвакан цехри стахановка К. Беляева юлташ çапла каларĕ:

— Эпир, совет çыннисем, 36 çул ĕнтĕ парти кăтартнă çулпа çĕнтерӳллĕн утатпăр. Вăл çул пире çутă малашлăха—коммунизм патне илсе пырать. Эпир яланах партипе пĕрле, парти вĕрентнĕ пек ĕçлĕпĕр.

(Хамăр корр.).

## Вунă уйăхри плана срокчен тултарнă

УЛАТĂР. Хулари предприятисен коллективĕсем çак кунсенче пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. Çĕршер рабочисем, уяв ячĕпе стахановла вахтăна тăрса, производствăра паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ. Уйрăмах пăравуссем юсакан завод коллективĕ пултаруллă ĕçленине палăртмалла. Август тата сентябрь уйăхĕсенчи производство планне ăнăçлă тултарнă ятпа СССР Çул-йĕр министрĕ завод коллективне саламларĕ. 150 стахановец ытла кăçал 1,5—2 çулхи ĕç нормине тултарнă.

Уяв умĕнхи ăмăртăва пуçарнă разборнăй цех коллективĕ çак уйăхри плана икĕ эрнере тултарчĕ, уйăх вĕçлениччен ноябрь уйăхĕнчи плана тултарма сăмах пачĕ. Цехри 22 рабочи çулталăкри нормăна тултарнă. В. Игнатьев юлташ ертсе пыракан слесарьсен бригади ĕç нормине куллен 292 процент таран тултарать. Чалов, Солдатов, Савельев юлташсем ертсе пыракан бригадăсем те куллен икшер норма тултараççĕ.

Пăравус кустăрмисем юсакан завод коллективĕ уйрăмах лайăх ĕçлет. Цех чугун çул организацийĕсем валли пăравус кустăрмисем юсамалли çулталăкри плана октябрĕн 14-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ. Горячев токарь кăçалхи тăхăр уйăх хушшинче 5,2 çулхи нормăна тултарнă. Груздинский токарь, Андреевпа Ивлев бандажниксем тăватă çулхи нормăна тултарчĕç.

Заводра чĕртаварпа материалсем перекетлессишĕн, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетессишĕн вăйлă ăмăрту пырать. Инструментсем тăвакан цехри Кузнецов тимĕрçĕпе Мочалин молотобоец производство юлашкинчен чылай инструментсем туса хатĕрлерĕç, икĕ эрне хушшинче 150 килограмм паха хурçă перекетлерĕç.

Уяв ячĕпе ăмăртса, хулари 10 предприяти вунă уйăхри плана октябрĕн 10-мĕшĕ тĕлне тултарчĕç.

Атă-пушмак фабрики, тумтир çĕлекен мастерской, йывăç япаласем тăвакан мастерской ĕлĕкрех юлса пыратчĕç. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса ĕçлесе, асăннă предприятисен коллективĕсем чылай çитĕнӳсем турĕç, октябрĕн 10-мĕшĕнчен пуçласа ноябрь шучĕпе продукци туса кăлараççĕ.

Хулари промкомбинат, сăкăр комбиначĕ, «14 лет Октября» промартель продукци туса кăлармалли вунă уйăхри плана 105 процент тултарчĕç.

Чугун çул транспортĕнче ĕçлекенсем халăха тата ялхуçалăхне кирлĕ грузсене хăвăртрах турттарассишĕн, топливо ытларах перекетлессишĕн кĕрешеççĕ. Юлашки вăхăтра пăравус деповĕ пăравуссене усă курмалли заданисене ăнăçлă пурнăçласа пырать. Сентябрь уйăхĕнче машинистсем йывăр тиенĕ 555 поезд илсе çӳренĕ, заданирен иртерсе 120 пин тонна ытла груз турттарнă. Çак уйăхра депо коллективĕ тата хастарлăрах ĕçлет.

Уяв умĕнхи ăмăртура Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ Казаев юлташ тата аслă машинист Голованов юлташ ертсе пыракан бригадăсем малта пыраççĕ.

**И. ЕРЕМИН.**
КПСС Улатăр хула комитечĕн секретарĕ.

* * *

Çĕмĕрлери экстракт тăвакан «Большевик» завод коллективĕ Октябрь уявĕ ячĕпе илнĕ социализмла обязательствăна чыслă пурнăçласа пырать. Октябрĕн 15-мĕшĕ тĕлне завод экстракт туса кăлармалли 10 уйăхри плана тултарчĕ. Кăçал планран иртерсе тăватă миллион тенкĕлĕхе яхăн продукци туса кăларнă, тăватă миллион тенкĕлĕх ытла тупăш илнĕ.

**И. ЕВГЕНЬЕВ.**

# Тавар çаврăнăшне малалла аталантарас, государство, коопераци суту-илĕвне тата колхозла суту-илĕве организацилессине лайăхлатас тĕлĕшпе тумалли ĕçсем çинчен

## *СССР Суту-илӳ министрĕ А. И. МИКОЯН юлташ суту-илӳ работникĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕнче 1953 çулхи октябрĕн 17-мĕшĕнче тунă доклад*

Юлташсем, пирĕн канашлу лайăх вăхăтра пулса иртет.

Пирĕн çĕршыв коммунизм патне пырас çул çинчи çĕнĕ тапхăрта тăрать, çав тапхăра унччен социализмла строительствăн мĕнпур ĕçĕпе хатĕрленĕ. Çакна халĕ пурте — хулара та, ялта те — туяççĕ тата ăнланаççĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет государствин тĕп задачи вăл халăх пурнăçĕн шайне пĕр чарăнмасăр тата тăтăшах ӳстересси, кашни тапхăртах унăн материальнăй тата культурăлла ыйтăвĕсене май килнĕ таран туллирех тивĕçтересси пулнă, вĕсем чи малтан çавăншăн тăрăшнă.

Октябрьти революци пулăшăвĕпе пирĕн çĕршыв питех те пысăк çула утса тухрĕ; ĕлĕкрех начар аталаннă тата кая юлнă промышленность, кая юлнă ялхуçалăхĕ пулнă, халăх массисен ытларахăш пайĕ потребление тĕлĕшĕнчен питех те пĕчĕк шайра тăнă пулсан, халĕ çĕршыв хăйĕн экономикине питĕ пысăк хăвăртлăхпа аталантарчĕ. Ун пек хăвăртлăхсем çинчен пĕр государство та хăйĕн аталанăвĕн нихăш тапхăрĕнче те пĕлмен.

Кунта çакна та шута илмесĕр тăма юрамасть: пирĕн çĕршывра Совет влаçĕн 35 çулĕнчен 15 çулне яхăн вăрçă çулĕсем тата империализмла вăрçă, граждан вăрçи тата Аслă Отечественнăй вăрçă хыççăн халăх хуçалăхне юсанă çулсем пулнă.

1924/25 çултанпа, 1913 çулхи шая çитнĕ çултанпа, 1953 çула çитиччен, урăхла каласан, иртнĕ 30 çула яхăн вăхăт хушшинче промышленность продукцийĕ 29 хут ӳснĕ, продукци ӳснин 70 процентĕ ытла производство хатĕрĕсем тăвакан производство ӳснипе пулнă. Юлашки 12 çул хушшинче, 1940 çултанпа 1952 çула çитиччен, — çак тапхăра пирĕн халăх хуçалăхĕнче йывăр йĕр хăварнă Отечественнăй вăрçă кĕрет пулин те, — ССР Союзĕнче промышленность продукцийĕ 2,3 хут ӳснĕ.

Халĕ ĕнтĕ чикĕ леш енчи пирĕн тусĕсем кăна мар, туссен шутне кĕртме май çуккисенчен те нумайăшĕ япаласем çине тĕрĕсрех пăхма тытăнчĕç, вĕсем эпир экономикăна аталантарас тĕлĕшпе тунă çитĕнӳсем çинчен шарламасăр тăмаççĕ, пирĕн плансем реальнăй плансем пулнине йышăнаççĕ. Калас пулать, вĕсем мирлĕ строительствăри пирĕн çитĕнӳсем çинчен калакан даннăйсемпе те хăйсен агрессиллĕ тĕллевĕсем валли усă курма, халăхсене Совет Союзĕн экономикăлла çитĕнĕвĕсемпе хăратма хăтланаççĕ.

Çапла, сăмахран, США государство секретарĕн экономикăлла ĕçсем тĕлĕшпе ĕçлекен помощникĕ Во кăçал июль уйăхĕнче Иллинойсри университетра тухса каланă сăмахра çапла каланă: «Совет Союзĕ вăрçă пĕтнĕ хыççăн экономика тĕлĕшпе чаплă тата шиклентерекен çитĕнӳсем турĕ... Ку вăл, чăннипех, питĕ пысăк хăвăртлăхсемпе ӳсĕм туни пулать... Ӳсĕм хăвăртлăхĕсем çапларах юлсассăн, хăçан та пулин, 1960-мĕш çулсенче, Совет Союзĕн экономикăлла хăвачĕ Хĕвеланăç Европăн экономикăлла хăвачĕпе танлашĕ тата иртсе те кайĕ. Ку вăл ытла кăмăла каякан япалах мар, анчах та çак фактор çинчен пирĕн яланах астăвас пулать».

Çавăн евĕрлĕ çынсем хăратма хăтланаççĕ пулин те, пĕтĕм тĕнчери ахаль çынсем пирĕн çитĕнӳсенчен хăрамаççĕ, мĕншĕн тесен вĕсем çакна кураççĕ: эпир пĕтĕм вăя пĕр тĕллевшĕн — апат-çимĕç нумай тăвассишĕн, çĕршывра промышленность таварĕсем нумай тăвассишĕн, коммунизм обществи тăвассишĕн хуратпăр.

Калас пулать, çĕршыва индустриализацилес, йывăр промышленноçа, социализмăн материальнăй никĕсне, хăвăрт аталантарас ĕççене пирĕн халăхăн пурнăçне историре халиччен пулман хăвăртлăхпа лайăхлатма условисем тăвас тесе пурнăçланă. Анчах та паллă вăхăтчен пирĕн потребление еçĕпе хăшпĕр таран пулăхсем тумалла, хуçалăх строительствин чи малтан пурнăçламалли задачисене татса памалла пулнă. Çакна май пирĕн ĕлĕкрех хальхи вăхăтри пек питех те пысăк майсем пулман.

Халĕ эпир, йывăр промышленноçа малалла та пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарса, халăха кирлĕ таварсем туса кăларас ĕçе хăвăртрах аталантарма пултаратпăр.

Çак ыйту çинчен тата халех пурнăçа кĕртмелли ытти ыйтусем çинчен Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче каларĕ. Маленков юлташ тухса каланă сăмах Совет Правительствин программăлла заявленийĕ пулса тăрать, вăл пирĕн çывăх вăхăтри хуçалăх задачисене палăртать. Кунта çакăн çине тимлĕн пăхмалли: халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине хăвăрт вăйлатас тесен, пирĕн, чи малтан, ялхуçалăхне малалла аталантарса вăйлатассишĕн тăрăшмалла, ялхуçалăхĕ халăха — апат-çимĕç, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне чĕр тавар парса тăрать.

Пичетленсе тухнă материалсенчен паллă ĕнтĕ, кăçал сентябрь уйăхĕн пуçламăшĕнче Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ пулчĕ. Пленум Совет Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен Хрущев юлташăн докладне итлерĕ тата ку ыйтупа решени йышăнчĕ. Çав решени пирĕн çĕршывăн аталанăвĕнче историллĕ пĕлтерĕшлĕ решени пулса тăрать.

Докладра тата КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн Постановленийĕнче хальхи вăхăтра пирĕн ялхуçалăхĕ, уйрăмах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç, мĕнле тăнине пĕр хитрелетмесĕр тĕрĕс хак панă. Çакна кăтартса панă: выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре тата çĕрĕçĕнче тунă çитĕнӳсем пире тивĕçтерме пултараймаççĕ, пирĕн халĕ колхоз стройĕн питех те пысăк майĕсемпе çителĕксĕр усă кураççĕ-ха.

Пленум ялхуçалăхĕ тĕлĕшпе палăртнă мероприятисем вăхăтлăха тумалли ĕçсем мар, тĕп вырăн йышăнакан ĕçсем пулса тăраççĕ. Ку вăл пирĕн партин хуçалăхла политикинчи тĕп ĕç пулать. Çав ĕçе тытăнсан, пирĕн пĕтĕм экономикăна çĕнĕрен хăвăрт вăйлатма, рабочи класăн, колхоз хресченĕсен, пирĕн пĕтĕм халăхăн пурнăç шайне татăклăн ӳстерме, социализмла хулапа колхозла ял хушшинчи союза, капитализма хирĕç кĕрешмелли çирĕп крепость, коммунизм патне ăнăçлăн пымалли никĕс пулса тăракан союза, тата ытларах çирĕплетме май пур тата çавна пурнăçламалла та.

Паллă ĕнтĕ, Пленум выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç мĕнле пыни çине тата çав ĕçе малалла лайăхлатмалли мерăсем çине тимлĕ пăхрĕ. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарни хаклă апат-çимĕç продукчĕсем — аш-какайпа аш-какай продукчĕсем, сĕтпе çу — туса хатĕрлессине тата халăха парса тăрассине ӳстерес ĕçре пысăк вырăн йышăнать.

Çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илессине ӳстерессине те халех татса памалли ыйту пулса тăрать. Çĕрулмипе пахча çимĕçсем ыйтасси çав тери ӳсрĕ, çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илес ĕçĕн хальхи шайĕ пачах çителĕксĕр. Центральнăй Комитетăн Пленумĕ çак çитменлĕхе пĕтерес тĕлĕшпе мерăсем çирĕплетрĕ. Хатĕрлев хакĕсене ӳстерчĕ, обязательнăй йĕркепе государствăна памалли нормăсене чакарнă, государство валли пысăк хаксемпе çĕрулми сутăн илесси ӳсет.

Пленум пĕтĕм çĕрĕçне комплексла механизацилесе çитерес тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе механизацилес задача лартрĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă решенисем пире халăх массисен пурнăçне лайăхлатас çулпа питех те пысăк утăмсемпе малалла пыма пысăк малашлăхсем уçса параççĕ. Çак решенисем ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри пирĕн пысăк çитменлĕхсене чылайăшне пĕтереççĕ. Çав решенисем хуçалăхăн уйрăм отраслĕсен шайĕпе вĕсен аталанăвĕн хăвăртлăхĕ хушшинчи диспропорцие, уйрăммăн илсен, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçпе пахча çимĕç туса илес ĕç халăх тата халăх хуçалăхĕ ыйтнинчен юлса пынине пĕтерес тĕллев тытаççĕ. Çакăн çинчен Хрущев юлташ хăйĕн докладĕнче лайăх ăнлантарса пачĕ. Аталанăва çавăн пек туса пыни социализмла экономикăн пропорциллĕ аталантармалли законăн требованийĕсене тивĕçтерет.

Çапла ĕнтĕ, çак мероприятисен пĕтĕм комплексĕ, пĕр енчен, халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине ӳстерме условисем туса парать, тепĕр енчен, халăхăн тавар илес пултарулăхне çавăн чухлех малалла ӳстерме условисем туса парать.

Çакă вăл — пирĕн экономика, капитализмла экономикăпа танлаштарсан, малта тăнине палăртакан тĕп енсенчен пĕри. Капитализмла çĕршывсенчен нумайăшĕ таварсем туса кăларассине ӳстерме пултарĕччĕç тата вĕсен çавна тума производство хăвачĕсем те пур, анчах та вĕсен ирĕксĕрех производствăна чакарма, час-часах фабрикăсене хупма тивет, мĕншĕн тесен эксплуатаци тата чухăнлăх ӳспĕ май ĕççыннисен тавар туянма укçа-тенкĕ сахалтарах та сахалтарах юлать.

Пирĕн вара пачах урăхла. Халăх тавар ыйтни производствăна малалла илсе пырать. Производство аталанни потребноçсене ӳстерет, халăх тавар ыйтассине ӳстерет, хаксене йӳнетме, хулара та, ялта та тупăшсене ӳстерме, çапла майпа ĕççыннисен тавар илес пултарулăхне ӳстерме май парать.

## Халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси татăкланах вăйланни

Пирĕн социализмла çĕршывра ĕç продукчĕ пĕтĕмлех общество членĕсен обществăлла тата харпăр хăй ыйтăвĕсене тивĕçтерме каять. Акă мĕншĕн ĕнтĕ халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине татăклăнах вăйлатни ĕççыннисен материальнăй пурнăçне вăйлăн лайăхлатни те пулать.

Производствăпа потреблени вăйлăн ӳснĕ пулин те, халăха кирлĕ таварсем туса кăларас ĕç тата Совет Союзĕнчи халăхсен куллен ӳсе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕç хушшинчи диспропорцие эпир халĕ те пĕтерейменĕмĕр-ха. Халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине татăклăнах вăйлатни çав диспропорцие пĕтерессине пĕлтерет те ĕнтĕ.

Халăх пурнăçне лайăхлатма халĕ пирĕн пысăк майсем пуррине çак факт кăтартса парать. Маленков юлташ Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче çапла каларĕ: 1953 çулхи апрель — декабрь уйăхĕсем валли уйăрса панă 312 миллиард тенкĕлĕх таварсăр пуçне, тата 32 миллиард тенкĕлĕх тавар уйăрса параççĕ, терĕ. Унтанпа иккĕ уйăх ытларах кăна иртрĕ, çав вăхăт хушшинче СССР Министрĕсен Совечĕ тата КПСС Центральнăй Комитечĕ халăха сутма тата 5,2 миллиард тенкĕлĕх тавар уйăрса пама май пуррине палăртрĕç. Çапла ĕнтĕ, халăха сутма çĕнĕрен тата 37,2 миллиард тенкĕлĕх тавар уйăрса параççĕ. Çавна май татăклă улшăну кăçалах пуçланчĕ ĕнтĕ.

Большевиксен сăмахĕ ĕçрен уйрăлса тăмасть. Кăçалхи иртнĕ уйăхсем хушшинче пирĕн Правительство пысăк ĕçсем нумай турĕ, вĕсем халăх массисен пурнăçне хăвăрт лайăхлатас тата, пуринчен малтан, вĕсен тавар илес пултарулăхне ӳстерес тĕлĕшпе кăçалах ĕнтĕ хăшпĕр пысăк утăмсем тума май пачĕç.

Пĕрремĕшĕнчен, государствăпа кооперации суту-илĕвĕнче халăха куллен кирлĕ таварсен хакĕсене, пĕтĕм çулталăка шута илсе шутласан, 46 миллиард тенкĕлĕх йӳнетнĕ, иртнĕ çулта 24 миллиард тенкĕлĕх йӳнетнĕ пулнă. Ку ĕç хăех халăхăн тавар илес пултарулăхĕ 22 миллиард тенкĕлĕх ӳснине пĕлтерет.

Иккĕмĕшĕнчен, заем çырăнтарассине, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, 16 миллиард тенкĕлĕх чакарнă.

Виççĕмĕшĕнчен, ялхуçалăх налогне чакарни, хатĕрлев хакĕсене ӳстерни тата ялхуçалăхĕ енĕпе туса иртернĕ ытти ĕçсем ялти халăха çĕнĕрен 13 миллиард тенкĕлĕх тупăш параççĕ.

Çапла ĕнтĕ, çӳлерехре кăтартса панă ĕçсене пулах халăхăн тавар илес пултарулăхĕ çĕнĕрен вуншар миллиард тенкĕлĕх ӳсрĕ. Совет Союзĕнчи ĕççыннисен материальнăй пурнăçĕ нихçанхинчен те пысăкрах хăвăртлăхсемпе лайăхланса пырать.

Совет Союзĕнче тавар çаврăнăшĕ (танлаштармалли хаксемпе шутласан) 27 çул хушшинче (1926 çултан пуçласа 1953 çула çитиччен) 8 хута яхăн ӳснĕ, таварсен шучĕ кашни çын пуçне çулсерен 10,3 процент, урăхла каласан, патша Российĕн чухнехинчен виçĕ хут хăвăртрах ӳснĕ. Çак 27 çул шутне Аслă Отечественнăй вăрçăн 4 çулĕ кĕрет. Патша Российĕнче 27 çул хушшинче (1885 çултан пуçласа 1912 çула çитиччен) тавар çаврăнăшĕ виçĕ хут, таварсен шучĕ кашни çын пуçне çулсерен 3,5 процент ӳснĕ.

Кăçал пирĕн çĕршывра вакккăн тăвакан суту-илӳ ӳсĕмĕн пысăкăшĕ кăна (танлаштармалли хаксемпе шутласан) патша Российĕнче 1913 çулта вакккăн тунă суту-илĕвĕн пĕтĕм калăпăшĕнчен иртсе каять.

Апат-çимĕç продукчĕсене халăха наука никĕслесе панă нормăсем тăрăх, социализмла общество çыннине пур енĕпе те сывă та çирĕп ӳссе çитĕнме кирлĕ нормăсем тăрăх парса тăрас задачăна этемлĕх историйĕнче чи малтанхи хут пĕтĕм халăхпа пĕтĕм государство задачи вырăнне кăларса тăратнă. Ку енĕпе те ĕнтĕ кăçалах нумай ĕçсем туса иртернĕ.

1953 çулта Совет Союзĕнчи халăха апат-çимĕç таварĕсем сутасси, 1952 çулхипе танлаштарсан, пĕр çул хушшинче 22 процент ӳсет. Государство халăха аш-какайпа аш-какай çимĕçĕсем сутасси пĕр çул хушшинче 42,4 процент, выльăх çăвĕ сутасси — 44,8 процент ӳсет.

Çакна палăртмалла: 1953 çулта халăха государствăпа кооперации суту-илĕвĕ урлă выльăх çăвĕ сутасси, вăрçăченхи 1940 çулхипе танлаштарсан, 2,6 хута яхăн ӳсет.

Куратăр ĕнтĕ, ӳсĕм пысăк, анчах халăх ыйтăвĕсем хăвăртрах ӳссе пыраççĕ, чылай çĕрте вара пирĕн аш-какай, колбаса, выльăх çăвĕ тата пулă çителĕклĕ мар.

Пирĕн халăхăн пурнăçне тĕпрен лайăхлатас тата унăн материальнăй пурнăçне малашне те хăвăрт лайăхлатса пырас тесе, СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ апат-çимĕç таварĕсем туса кăларассине ӳстермелли тата вĕсен пахалăхне лайăхлатмалли, ассортиментне анлăлатмалли программа йышăнчĕç.

1955 çулта апат-çимĕç таварĕсем тăвасси, 1950 çулхипе танлаштарсан, 84,7 процент ӳсет, партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă директивăсенче 71,4 процент ӳстерме палăртнă пулнă. Ку вăл пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тăрăх апат-çимĕç таварĕсем туса кăларас тĕлĕшпе панă задание чылай иртерсе тултарассине пĕлтерет. Çав вăхăтрах çитес пилĕкçуллăхăн пĕрремĕш çулĕ — 1956 çул валли пысăкрах задани палăртаççĕ.

Ку вăл пирĕн çĕршывра виçĕ çул хушшинче апат-çимĕç продукчĕсем туса кăларассине ӳстерме палăртакан питех те пысăк программа! Апат-çимĕçĕн хăшпĕр тĕп таварĕсене туса кăларасси мĕнле ӳсни çинчен даннăйсем илсе кăтартам.

1955 çулта пирĕн çĕршывра государство промышленноçĕ кăна аш-какай 2,5 миллион тонна, 1956 çулта вара — 3 миллион тонна, 1955 çулта колбаса — 850 пин тонна, 1956 çулта вара — 1 миллион тонна туса кăлармалла.

1955 çулта пулă 32 миллион центнера яхăн, 1956 çулта — 36 миллион центнера яхăн тытмалла. Сельдь кăна 1956 çулта 8 миллион центнера яхăн тытмалла. Халĕ пирĕн çĕршывра пулăпа пулă продукчĕсем çителĕклĕ пулман пирки жалобăсем нумай тата юлашки вăхăтра пулă сахалланчĕ тесе калаçкалаççĕ. Ĕлĕкрех вара пулă ытларах пулнă имĕш. Ку тĕрĕсех мар. Тĕрĕсрех каласан — пачах тĕрĕс мар. Пулă нумайланчĕ, анчах пирĕн ыйтусем тытнă пулă хисепĕнчен ытларах ӳссе пыраççĕ. 1913 çулта патша Российĕнче хальхинчен 2,4 хут сахалтарах пулă тытнă. Чăн та, пулă тытмалли пысăк программа халĕ те пурнăçланса пымасть-ха, анчах вăрçăченхипе танлаштарсан, пысăк ӳсĕм тунă.

Государство промышленноçĕ услама 1955 çулта 560 пин тонна, 1956 çулта — 650 пин тонна туса кăларать. 1913 çулта патша Российĕнчи пĕтĕм промышленность выльăх çăвĕ 104 пин тонна туса кăларнă, çав шутран çуррине ытла ют çĕршывсене турттарса кайнă.

Совет Союзĕнче выльăх çăвĕ туса кăларасси кашни çулах 1913 çулта туса илнĕ пĕтĕм çу чухлĕ ӳссе пырать. Анчах та çакна калас пулать: халăх выльăх çăвĕ ытларах та ытларах ыйтать, вăл ытла пахалăхлах мар продуктсем вырăнне пахарах продуктсем илесшĕн. Çавăнпа та эпир, производствăна ӳстернипе пĕрлех, çак çăва хăшпĕр таран урăх çĕршывсенчен кӳрсе килетпĕр.

Халĕ эпир сахăр, революцичченхи Российĕнчипе танлаштарсан, виçĕ хута яхăн ытларах туса кăларатпăр, 1956 çулта вара тăватă хут ытларах туса кăлармалла пулать.

Халĕ кондитерски изделисем 1913 çулхинчен 20 хут ытларах туса кăлараççĕ. Çывăх çулсенче шоколад тата шоколад изделийĕсем туса кăларас енĕпе уйрăмах пысăк ӳсĕм тумалла, вĕсене 1940 çулхинчен 12 хут ытларах, печени — 3,5 хут ытларах туса кăлармалла.

Апат-çимĕçĕн ытти продукчĕсене туса кăларассине те нумай ӳстерме палăртса хунă. Çакă вăл пирĕн çĕршывра апат-çимĕç продукчĕсем питĕ нумай туса илесси патне илсе пырать тата коммунизмла общество тумалли условисенчен пĕри пулать.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ çывăх 2—3 çул хушшинче çăмăл промышленноçа аталантарассине пур майсемпе те вăйлатса пыма кирлĕ тесе шутлаççĕ, куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине анлăлатас тата вĕсен пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе программа йышăнчĕç.

Халăха кирлĕ таварсем туса кăларас енĕпе пилĕк çуллăх план тăрăх 1955 çул валли палăртнă задание чылай маларах тултарма тата 1956 çулта производствăна хăвăрт ӳстерсе пыма промышленность умне задача лартнă, çакă вăл çитес пилĕкçуллăхра халăха кирлĕ таварсем туса кăларас ĕçре пысăк ӳсĕм тума май парать.

Пирĕн çĕршывра куллен кирлĕ таварсем туса кăларасси çитес виçĕ çул хушшинче 50 процента яхăн ӳсет, кашни процент шутне вара халĕ, ĕлĕкхипе танлаштарсан, чылай нумайрах тавар кĕрет.

Йышăннă решенин паллă уйрăмлăхĕ çакă пулать: халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси Куллен кирлĕ промышленность таварĕсен министерствин предприятийĕсенче кăна мар ӳсет, çавăн пекех мĕнпур министерствăсен тенĕ пекех: авиаци, оборона, металлурги, машиностроени промышленность министерствисен предприятийĕсен те ку енĕпе нумай ĕçлемелле пулать.

Çакă вăл промышленность таварĕсем туса кăларассине тĕпрен ӳстерме тата вĕсен пахалăхне чылай лайăхлатма май парать.

Çапла, сăмахран, 1955 çулта велосипедсем 3.445 пин штук туса кăлармалла, вăл шутран: Машиностроени министерствин — 2.700 пин штук, Оборона промышленность министерствин — 500 пин штук туса кăлармалла; радиоприемниксемпе телевизорсем — 4.527 пин штук, вăл шутра Электростанцисемпе электропромышленность министерствин 3.800 пин штук туса кăлармалла; электричество холодильникĕсем — 330 пин штук, вăл шутра Оборона промышленность министерствин — 110 пин штук, Авиаци промышленность министерствин — 90 пин штук тата Машиностроени министерствин — 60 пин штук туса кăлармалла, алюминирен тунă савăт-сапа — 64 пин тонна, вăл шутра Авиаци промышленность министерствин — 35 пин тонна туса кăлармалла; тимĕр кроватьсем — 16,5 миллион штук, вăл шутра Авиаци промышленность министерствин — 4,2 миллион штук, Металлурги промышленность министерствин — 3,9 миллион штук, Транспортпа йывăр машиностроени министерствин — 1 миллион штук тата Оборона промышленность министерствин — 600 пин штук туса кăлармалла.

1956 çулта куллен кирлĕ промышленность таварĕсем туса кăларассине малалла ӳстерме палăртнă. Çапла, сăмахран, велосипедсем 3,8 миллион штук е, 1940 çулхипе танлаштарсан, 14 хут ытларах, сехетсем 23 миллион штук е, 1940 çулхипе танлаштарсан, 9 хута яхăн ытларах, радиоприемниксемпе телевизорсем 5,4 миллион штук (вăл шутра телевизорсем 1 миллион штук) туса кăлармалла, 1940 çулта радиоприемниксем 200 пин штук туса кăларнă пулнă, телевизорсем вара туса кăларман.

Куллен кирлĕ таварсем туса кăларас ĕçе аталантарма пирĕн халĕ питĕ пысăк майсем пуррине, сăмахран, çак факт кăтартса парать. 1953 çулта куллен кирлĕ таварсем тума алюмини 1937 çулта пĕтĕм çĕршывĕпе шăратса кăларнинчен чылай ытларах уйăрса параççĕ. Çакă вăл эпир питĕ пуянланине пĕлтерет, куллен кирлĕ таварсем туса кăларма хаклă чĕр тавар уйăрса пама май парать, ĕлĕкрех эпир çавăн чухлĕ уйăрса пама пултарайман.

Куллен кирлĕ ытти таварсен пахалăхне лайăхлатас тата ассортиментне анлăлатас тĕлĕшпе те мерăсем йышăннă.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ çавăн пекех халăха кирлĕ таварсене турттарас тĕлĕшпе чугун çул транспорчĕн ĕçне малалла лайăхлатма та мероприятисем çирĕплетрĕç.

Халĕ ĕнтĕ чугун çул транспорчĕн халăха кирлĕ таварсене лайăхрах турттармалла, рынок нушисене тимлĕн тивĕçтермелле, чугун çул çинче ĕçлекенсен интересĕсене кăна мар, суту-илĕве лайăхлатас ĕçсене те шута илмелле. Грузсене I-мĕшпе II-мĕш категорисем çине пайласси малашне пулмалла мар, халиччен халăха сутма каякан таварсен пĕр пайне II-мĕш категорие кĕртнĕ. Халăха кирлĕ таварсем турттарассине плановлас тĕлĕшпе чугун çулсен начальникĕсен прависене, çапла майпа вырăнсенчи суту-илӳ органĕсен прависемпе майĕсене те пысăклатнă.

Тĕп чугун çулсем çинче грузсем васкавлă турттарма поездсем пулаççĕ. Станцисенчен апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем турттарса кайма чугун çулсем çинчи хăшпĕр участоксенче тавар тиесе çӳрекен поездсемпе вагонсем йĕркеллĕ çӳремелле тăваççĕ.

Склад хуçалăхĕн строительствине, станцисенче пакгаузсем, груз пушатакан тата тиекен платформăсем тăвассине анлăн сарса пымалла.

Çак решени суту-илӳ работникĕсем çине те пысăк ответлăх хурать. Вагонсем суту-илӳ организацийĕсен айăпĕпе ахаль тăнине текех чăтма çук Транспорт умĕнчи хамăрăн тивĕçе тĕрĕс те йĕркеллĕ пурнăçласа пырас пулать.

## Советла суту-илĕвĕн хальхи тапхăрти пĕлтерĕшĕпе задачисем

Халăх потребленине хăвăрттăн ӳстерессине советла культурăлла суту-илĕве анлăн вăйлатмасăр пурнăçлама çук. Советла суту-илӳ пирĕн социализмла обществăра халăха кирлĕ япаласене валеçсе тăмалли тĕп меслет пулса тăрать.

Маленков юлташ СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕнче: социализм тапхăрĕнче суту-илӳ ĕççыннисен ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтермелли тĕп форма пулса тăрать тата нумайлăха çавăн пек форма пулса юлать, тесе каланă. Советла суту-илĕвĕн социализмла промышленноçпа ялхуçалăхĕн продукцине халăх патне социализмла экономика законĕсем хушнă пек вĕçĕмсĕр çитерсе тăмалла.

Пирĕн çĕршывра халăх хуçалăхне план тăрăх тата пропорци йĕркипе аталантармалли закон вăй илсе тăрать. Вăл производствăпа потреблени ыйтăвĕсене ăнланулăн тата организациллĕн сыхăнтарса пыма хушать. Пирĕн хуçалăх планлă хуçалăх пулнă пирки эпир халăх ыйтăвне, кукăр-макăр çулсемпе каймасăр, тӳрех шута илме тата çавăн тăрăх производствăна аталантарма пултаратпăр Çакăнта пирĕн стройăн хăвачĕ палăрса тăрать. Çав вăхăтрах çакăнтан суту-илӳ организацийĕсен пысăк ответлăхĕ те тухса тăрать, мĕншĕн тесен ĕçĕн ăнăçлăхĕ хамăртан кăна, хамăр организациллĕ пулнинчен тата ĕçлеме пĕлнинчен кăна килет.

Суту-илĕве организацилес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Вĕсем суту-илĕве малалла аталантарма тата халăх ыйтăвне лайăх тивĕçтерме кансĕрлесе тăраççĕ. Суту-илӳ организацийĕсем халăх ыйтăвне начар пĕлеççĕ, таварсене валеçес тата турттарса килес ĕçре пысăк йăнăшсем тăваççĕ.

Суту-илӳ работникĕсен задачи çакăн пек: халăх мĕн ыйтнине тĕпчесе пĕлмелле тата хăйсем енчен производствăна активлăн хĕтĕртсе пымалла, потребитель интересĕсене шута илсе халăха кирлĕ таварсем халăх ыйтнă ассортиментсем енĕпе туса кăларассине вăйлатса пымалла. Суту-илӳ организацийĕсем промышленноçа хĕтĕртсе пымаççĕ пулсан, тавар илекенсен интересĕсене хӳтĕлемеççĕ пулсан, ку вара вĕсем советла суту-илĕвĕн тĕп принципĕсене шута илме пăрахнине пĕлтерет.

Суту-илӳ халăх ыйтăвĕ тĕлĕшĕнчен те пассивлă пулмалла мар. Советла суту-илĕвĕн халăх ыйтăвне прогресс енĕпе влияни парса пымалла. Унăн халăх ыйтăвне аталантарса пымалла, халăха çĕнĕ таварсем ытларах сутмалла, тутă тытакан тата сывлăха çирĕплетекен апат-çимĕçсене ытларах сутассишĕн, çавăн пекех промышленность туса кăларакан таварсем — тыткалама ансат, лайăх, илемлĕ таварсем, ĕççыннисен йăлине лайăхлатма тата культурăллă пурнăçне пуянлатма пулăшакан таварсем сутассишĕн пропаганда тумалла.

Халĕ, халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси çĕнĕрен хăватлăн вăйланнă май, советла суту-илĕвĕн пĕлтерĕшĕ тата ытларах ӳсет. Суту-илӳ организацийĕсен хăвăрттăн нумайланса пыракан таварсене сутас тĕлĕшпе çаврăнăçуллă пулмалла, таварсене вырăна çитерес тĕлĕшпе нимĕнле чăрмав та пулмалла мар, çитес икĕ-виçĕ çул хушшинче кашни хулара, кашни ялта районта кирлĕ таварсене пурне те тупса илмелле тăвас пулать.

Советла суту-илĕвĕн пĕлтерĕшĕ социализмла промышленноçпа колхозла ялхуçалăхĕ хушшинчи экономикăлла çыхăнусене малалла аталантарас, рабочи класпа хресченсем хушшинчи союза малалла тĕреклетес, колхоз производствине çĕклентерес ĕçре те пысăк. Суту-илӳ организацийĕсен тивĕçĕ вăл В. И. Ленин çапла кăтартса панине вĕçне çитиччен пурнăçласси пулать: «Государствăн çакăн пек суту-илӳ тума вĕренсе çитмелле: промышленность хресченсен ыйтăвне тивĕçтертĕр, хресченсем суту-илӳ урлă хăйсен ыйтăвĕсене тивĕçтерччăр» (В. И. Ленин, Сочиненисем, 33 том, 50 стр.).

Аслă Ленин «суту-илӳ тума вĕренмелле» тесе чĕнсе калани кучухнехи лару-тăрура та вăй илсе тăрать. Эпир экономикăлла çĕнĕ политикăна куçнă чухне пирĕн суту-илӳ тĕлĕшпе нимĕнле опыт та пулман, хамăрăн суту-илӳ кадрĕсем пулман. Эпир суту-илӳ ĕçне азбукăран вĕренме пуçланă, суту-илӳ тума частниксенчен, вĕсемпе конкуренци туса тата кĕрешсе вĕреннĕ.

Халĕ, социализм çĕнтернĕ условисенче, советла суту-илӳ хăйĕн аталанăвĕн çĕнĕ, çӳлерех тапхăрне çĕкленчĕ: пысăк опыт пухнă, советла суту-илӳ работникĕсен миллионла çарне воспитани парса хатĕрленĕ. Тавар ресурсĕсем те нумай ӳсрĕç. Халĕ ĕнтĕ суту-илӳ ĕçĕ ĕлĕкхи мар, суту-илӳре ĕçлекен çынсем те ĕлĕкхисем мар. Анчах тӳрех çакна йышăнни кирлĕ: суту-илӳ çаплах халăхăн ӳссе пыракан ыйтăвĕсенчен юлса пырать-ха.

Пирĕн суту-илӳре ĕçлекен çамрăк работниксене культурăллă хăнăхусем пама, вĕсене пĕлӳпе хĕçпăшаллантарма, вĕсен квалификацине ӳстерме тăрăшмалла. Суту-илӳри мĕнпур работниксен шайне кучухнехи задачăсен, советла суту-илӳ умĕнче тăракан задачăсен çӳлĕшне хăпартас пулать, вĕсене халăх ыйтăвĕ çине тимлĕн те сисĕмлĕн пăхма, тавар илекенсем çине кăмăллăн пăхма вĕрентес пулать.

Советла суту-илӳ вăл таварсене социализмла валеçмелли меслет пулса тăрать. Социализмла обществăра суту-илӳ историре пирвайхи хут халăхшăн ĕçлесе пырать. Хамăр çĕршывра коммунизм обществи тумалли аслă программăна пурнăçласа пырса пирĕн советла суту-илĕве татăклăн вăйлатас пулать, унăн мĕнпур майĕсемпе туллин усă курас пулать, çитес тапхăрта таварсене коммунизмла принципсем тăрăх валеçме кирлĕ майсене пурнăçлама условисем хатĕрлес пулать.

Пирĕн хуçалăх строительствинчи 30 çул ытла вăхăт хушшинчи опыт советла суту-илӳ капитализмла суту-илӳрен малта тăнине уççăн кăтартса пачĕ. Пирĕн социализмла суту-илӳ тĕпрен малта тăнине кăтартакан тĕслĕхсем вĕсем çакăнтан тухса тăраççĕ: унăн тĕллевĕ çын тата унăн ыйтăвĕсем пулса тăраççĕ, унăн совет çыннисен ыйтăвĕсене туллинрех тивĕçтермелле. Капитализмла суту-илӳ ун пек мар. Ăна ытларах услам илесси хистесе пырать. Капиталистсемпе спекулянтсем тавар илекен çынна пĕр намăса пĕлмесĕр çаратаççĕ.

Буржуазла çĕршывсенче суту-илӳ пĕр вырăнта тапăртатса тăрать, вăл тăтăшах каялла чакса пырать. Çакă вăл халăх масси чухăнланасси ӳссе пынинчен килет.

Совет Союзĕнче тавар çаврăнăшĕ 1928—1940 çулсем хушшинче (танлаштармалли хаксемпе шутласан) 2,3 хут ӳснĕ. Капитализмла çĕршывсенче çак тапхăр хушшинче тавар çаврăнăшĕ ӳсмен кăна мар, иккĕмĕш тĕнче вăрçи умĕн 1929 çулхи шайран та аяларах вырăнта тăнă.

Вăрçă хыççăнхи çулсенче аталанăвăн икĕ çул-йĕрĕ тата та уççăнрах палăрса тăрать: пирĕн çĕршывра суту-илӳ хăвăрттăн ӳссе пырать, капитализм çĕршывĕсенче суту-илӳ пĕр вырăнта тăрать. Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенче тавар çаврăнăшĕ виçĕ 1952 çулта 1950 çул шайĕнче тăнă, Англире кунтан та каярах пулнă. ССР Союзĕнче 1949—1952 çулсенче вакккăн сутмалли тавар çаврăнăшĕ (танлаштармалли хаксемпе шутласан) икĕ хут ӳснĕ.

Америкăра тата Англире хăшпĕрисем çаплах куллен кирлĕ таварсем пасарсенче нумай тесе мухтанаççĕ. Анчах буржуазла çĕршывсенчи халăх массисене çакă тивĕçтерме пултарать-и-ха: магазинсенче тавар нумай, анчах ăна вĕсем илме пултараймаççĕ. Паян вĕсен ĕçĕ 1929 çулта пулнинчен те начартарах тăрать. Пĕрремĕш тĕнче вăрçи умĕнхи çулсем çинчен калама та кирлĕ мар ĕнтĕ. Çав çулсем Хĕвеланăç Европăри çыннисене «ылтăн ĕмĕр» пек туйăнаççĕ. Капитализмла çĕршывсен хальхи аталанăвĕн закономерноçĕ çакăн пек ĕнтĕ: вĕсем пĕрмай каялла чакса пыраççĕ, халăха кирлĕ таварсем сахалтарах та сахалтарах туса кăлараççĕ.

(Малалли 3-мĕш страницăра).

# А. И. Микоян юлташăн доклачĕ

(Малалли. Пуçламăшĕ 2-мĕш страницăра).

Пирĕн çĕршывра урăхла закономерность. Эпир Совет влаçĕ тунă хыççăнхи çулсенче чылай малалла кайрăмăр. Производстве, тавар çавранăшĕ, халăх потреблениĕ пирĕн çĕршывра план тăрăх тата пысăк хăвăртлăхсемпе аталанса пырасçĕ. Çакăн пек аталану буржуаллă çĕршывсенче хăйсемшĕн чи лайăх вăхăтра та пулман. Эпир кая юлнă тата чухăн çĕршыв пулнă вăхăтра çак çĕршывсем тахçанах пĕтĕмĕшпе илсен аталанăвăн çÿлти шайне çитнĕ хыççăн вуншар çулсем хушши пĕр вырăнта тапăртатса тăнипе тата каялла чакнипе мухтанма пулать-и вара? Çитĕнÿсене пирĕн çĕршывра тата вĕсем патĕнче пулса пыракан аталанăва шута илнипе кăна тĕрĕс хак пама пулать. Çакăн пирки нимĕн иккĕленмелли те çук: йывăр промышленноçа аталантармалли задачăна ăнăçлăн татса панă май эпир халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине те хăвăрттăн малалла яма пултаратпăр, ку тĕлĕшпе те эпир чи пуян çĕршыв пулса тăрăпăр, халăх пурнăçне пуринчен те çÿлĕ пусăма çĕклеме пултарăпăр. Кунта çакна та шута илес пулать: капитализмла экономика пуç пулса тăракан çĕрте çĕршыв пуянлăхĕ халăх тивлечĕ пулса тăмасть. Пирĕн патăрта урăхла, пĕтĕм çĕршыв пуянлăхĕ халăх тивлечĕ пулса тăрать. Эпир пĕтĕм халăхăн ыйтăвĕсен пуринчен те ытларах çÿлте тăракан шайне тивĕçтерес çулпа пырса тата производствăна аталантарас çулпа пырса, наука хушакан никĕс тăрăх халăх ыйтăвне лайăхрах тивĕçтерес задачăна асра тытса ĕçлетпĕр.

Социализмла обществăра кăна суту-илĕве тухăçлă никĕс çинче усăллă организацилемелли май тухса тăрать. Кунта тавар çавранăшĕнче тăкаксем сахал. Çакă суту-илÿ чăннипех халăх интересĕсемшĕн тăрăшни çинче никĕсленсе тăрать. Советла суту-илÿ аталаннă вăхăтрах, тавар çавранăшĕнчи тăкаксем тăтăшах чакса пыраççĕ, урăхла каласан, таварсене производствăран тавар илекенсем патне çитерме тухакан расходсем пысăккăн чакса пыраççĕ. Совет Правительстви, пирĕн обществăшăн çавăн пек расходсем сахалтарах пулччăр тесе, ывăнма пĕлмесĕр тăрăшать. Промышленноçра продукцин хăйне ларакан хакне чакарасси тата суту-илÿри тăкаксене чакарасси тавар хакĕсене пĕрмай йÿнетсе пымалли çăлкуç пулса тăраççĕ. СССР халăх хуçалăхне аталантармалли пилĕк çуллăх план тăрăх (1951—1955 ç.ç.) пирĕн тавар çавранăшĕнче тухакан расходсене 23 процент чухлĕ чакармалла. Тавар çавранăшĕнчи расходсене малалла чакарма пирĕн пысăк майсем пур:

пĕрремĕшĕнчен, хуçалăхри резервсене тупса палăртнипе тата вĕсемпе туллин усă курнипе, перекетлĕх режимне çирĕппĕн тытса пынипе чакармалла, çак ĕçсене совет çыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерессине тăтăш лайăхлатассипе çыхăнтарса пымалла;

иккĕмĕшĕнчен, таварсем сухалса пĕтессине тата вĕсен пахалăхĕ чакассине тата вĕсем пăсăлассине пĕтернипе, таварсене вырăнсăр турттарса çÿрессине пĕтернипе тата таварсене суту-илÿ предприятийĕсене вĕçĕмсĕр çитерсе тăнипе, малтанах тайтарса тата чĕркесе хунă тата штукăн сутмалли таварсене ÿстерсе пынипе; магазинсене вĕр-çĕнĕ оборудовани тата магазинсенчи транспорт парса пуянлатнипе;

виççĕмĕшĕнчен, суту-илÿ ĕçне йÿнетнипе, тавар тăратас ĕçе усăллă майпа организацилленипе, ытлашши сыпăксене пĕтернипе, суту-илÿ ĕçĕнчи управлени аппарачĕ тытса тăма тухакан расходсене чакарнипе.

Пирĕн государство тата коопераци суту-илĕвĕ малта тăнине кăтартакан пысăк уйрăмлăхсенчен пĕри вăл пирĕн суту-илÿ тăтăшах йÿнелсе пыракан çирĕп хаксем тăрăх пулса пыни пулать. Пирĕн çĕршывра тавар хакĕсене пĕрмай йÿнетсе пыни Совет Правительствин политикин çирĕп принципĕ пулса тăрать. Çак политика халăхĕн тавар илмелли пултарулăхне ÿстерме тата пирĕн обществăн кашни членĕн пурнăç шайне çĕнĕрен хушса ÿстерме пулăшакан май пулса тăрать.

Эпир пирĕн çĕршывра халлĕхе çитесĕксĕр шутланакан таварсене те, вĕсем, çак таварсем, халăха тивĕçтерес ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ пулсан, йÿнетсе пыратпăр. Çапла калас пулать: çакăн пек тунипе халăх тавар ытларах ыйтма пуçлать, дефицитлă тата халăха кирлĕ таварсем туса кăларассине тата ытларах ÿстерме хушать.

1947 çултан пуçласа пирĕн çĕршывра тавар хакĕсене ултă хутчен йÿнетнĕ. Çакна пула тавар хакĕсем икĕ хут ытла йÿнелнĕ, çапла вара, совет укçин хакĕ икĕ хут ытла ÿснĕ. Халăх пысăк тупăш илчĕ.

Капитализмла çĕршывсенче ун пек мар. Унта таварсен хакĕсем стихиăллă йĕркепе пулса пыраççĕ. Капиталистсемпе спекулянтсем тавар хакĕсене пур майсемпе те ÿстереççĕ. Вĕсем ĕçсыннисем высă ларнипе, тертленсе пурăннипе усă курса пуяççĕ. Вăрçă хыççăнхи тапхăрта капитализм çĕршывĕсенче пуринче те тавар хакĕсем, спекуляци вăйлă пулнă пирки, хăвăрттăн ÿсеççĕ. Савна пула ĕççыннисен пурнăçĕ начарланса пырать.

Совет Союзĕнче 1947 çул хыççăн çăкăр, аш-какай, çу хакĕсем виçĕ хут йÿнелнĕ пулсан, Францире вара çак таварсен хакĕ икĕ хут, Англире çăкăр хакĕ 2 хут, аш-какай хакĕ 1,5 хут, çу хакĕ 2,5 хут ÿснĕ. США-ра та тавар хакĕсем ÿснĕ, анчах кун пекех пысăк мар.

Пирĕн советла суту-илÿре усламçăлла хăтланасси çук. Суту-илÿ работникĕсен çирĕплетсе панă тавар хакне çирĕппĕн пăхăнса ĕçлес пулать. Çак хаксене пăснине пирĕн çĕршывра айăплă ĕç туни вырăнне хурса айăплаççĕ. Совет законĕ тавар илекенсен интересĕсене çирĕппĕн сыхласа тăрать.

Çак ĕçре Государство суту-илÿ инспекцийĕн пĕлтерĕшĕ уйрăмах пысăк. Государство суту-илÿ инспекцийĕ контроль тĕлĕшпе государство уполномоченнăйĕ пулса тăрать. Унăн çирĕплетсе панă хаксене пăсма хăтланнине хирĕç, тавар илекене улталама пăхнине хирĕç татăклăн кĕрешмелле, çакăн пек çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмалла.

Профессиллĕ союзсем енчен обществăлла контроль туса тăрасси те пысăк вырăн йышăнать. Контроль вăл ĕççынни массисем анлăн хутшăнсан кăна пысăк вăй пулса тăрать. Суту-илÿ организацийĕсен руководителĕсен тивĕçĕ вăл çак контрольпе туллин усă курса суту-илÿ ĕçне лайăхлатасси, контролерсене ĕçре пулăшса тăрасси пулать.

Халăха сутакан таварсен пахалăхне пур енчен те тĕрĕслесе тăрасси Совет Правительстви çынсен ырлăхĕпе сывлăхĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшнине кăтартакан паллăсенчен пĕри пулса тăрать.

Совет влаçĕн çулĕсенче таварсен пахалăхне государство енчен тĕрĕслесе тăма кирлĕ система туса хунă. Тавар пахалăхне наука кăтартнă пек ятарласа тунă лабораторисенче тĕрĕслесе тăраççĕ. Промышленность, суту-илÿ, обществăлла апатлану предприятийĕсенче пур çĕрте те таварсене санитари тĕлĕшпе куллен тĕрĕслесе тăрас ĕçе организациленĕ. Çак ĕçре куллен кирлĕ апат-çимĕç таварĕсемпе промышленность таварĕсен пахалăхне тĕрĕслесе тăракан инспекцисем пысăк вырăн йышăнса тăраççĕ. Çак инспекцисем нумаях та пулмасть *промышленность* министерствисене пăхăнса тăнă, халĕ вĕсем Суту-илÿ министерствине пăхăнса тăраççĕ. Çакă вăл суту-илÿ ĕçне çĕнĕрен пысăк пулăшу пани пулать, халăха кирлĕ таварсен пахалăхĕшĕн кĕрешме пулăшать.

Эпир çакăншăн тăрăшатпăр: таварсем пурте—хаклисем те, йÿннисем те пĕр пекех паха пулччăр. Купецсем калакан кивĕ виçе: «хаклă та паха, йÿнĕ те çĕрĕк» текен виçе пирĕншĕн мар.

Капитализмла суту-илÿре «улталамасăн, сутăймастăн» текен кашкăрла закон пуç пулса тăрать. Унта пăсăк тата ултавлă таварсем сутасси анлăн саралнă. Капиталист çынсемшĕн сиенлĕ таварсене сутассинчен те именсе тăмасть. Пăсăлнă тата сиенлĕ таварсем сутни услам кÿрет пулсан, ăна урăх нимĕн те кирлĕ мар, çын сывлăхĕ уншăн ниме те тăмасть.

*Совет государстви суту-илĕвĕн çĕнĕ формине туса хучĕ. Вăл социализмла обществăн ыйтăвĕсене тивĕçтерет. Вăл капитализмла суту-илÿ йăлисемпе чирĕсенчен хăтăлнă.*

Пирĕн кăтартуллă суту-илÿ предприятийĕсем: гастрономсем, универмагсем, магазинсем пур. Вĕсем пирки ытти çĕршывсем те ăмсанма пултараççĕ. Задача çакăн пек: пирĕн мĕнпур суту-илÿ предприятийĕсен çав магазинсем пек ĕçлемелле.

Çакна та асра тытас пулать: конкуренци вăйланса пынă условисенче, тавар сутмалли йывăрлăх ÿссе пынă условисенче буржуалла çĕршывсенче те начар мар ĕçлекен предприятисем туса хунă. Çакăн пек предприятисенче техника та, тавар илекенсен, уйрăмах пуянсен ыйтăвĕсене культурăллă тивĕçтересси те лайăх тăрать темелле.

Ют çĕршывсен умĕнче пуç таясси хирĕç кĕрешес сăлтавпа ют çĕршывсен опытне шута хуман, вăл опытпа интересленмен, ăна вĕренмен, пирĕншĕн усăллă япаласемпе усă курма пăрахнă юлташсене те сивлемесĕр тăма çук. Пирĕн хамăрăн лайăх ĕçлекен суту-илÿ предприятийĕсен *малта пыракан опытне* анлăн сарнипе пĕрлех, *буржуалла çĕршывсенчи* лайăх предприятисенче суту-илÿ ĕçне организацилес тата тавар илекенсен ыйтăвне тивĕçтерес тĕлĕшпе тунă ĕçсене вĕренме, хамăр патра кусарма *тăрăшас пулать, çак усăллă опытпа* усă курма именсе тăмалла мар, вĕсене хăнăхса çитсе массăсен интересĕсене тивĕçтерес ĕçре *усă курмалла.*

Задача çакăн пек: хамăрăн суту-илÿри çитменлĕхсене татăклăн уçса палăртса пĕтермелле, суту-илÿ ĕçне Совет Правительствипе Коммунистсен партийĕ хушнă пек лайăхлатмалла, суту-илÿ ĕçне социализмла обществăн ĕçченĕсене тивĕçлĕ шая хăпартмалла.

## Тавар çавранăшĕ ÿсни

Пирĕн социализм строительствинчи пысăк çитĕнÿсем, пирĕн промышленноçпа ялхуçалăх продукцийĕ ÿсни тата халăхăн тавар туянас пултарулăхĕ ÿсни тавар çавранăшĕ ÿсес пулни пирĕн çĕршывра ваккăн сутă-илĕвне тавар çавранăшне ÿстерессине анăçлă пурнăçлама май парать.

Государствăпа кооперацин ваккăн суту-илĕвĕнче тавар çавранăшĕ 1953 çулта, 1940 çулхипе танлаштарсан, 79 процент ÿсет (танлаштармалли хаксемпе шутласан). Кун умĕнхи виçĕ çул хушшинче тавар çавранăшĕ вăтам шутпа çулталăкра 13 процент (танлаштармалли хаксемпе шутласан) ÿснĕ пулсан, 1953 çулта вара вăл, 1952 çулхипе танлаштарсан, 20 процент ÿсет.

Тавар çавранăшĕн структури нумай улшăннă. Вăрçă умĕнхи 1940 çулта çĕршыври тавар çавранăшĕнче промышленность таварĕсем 36,9 процент йышăннă пулсан, 1953 çулта 45,3 процент пулассĕ.

Çакăнпа пĕрлех кăçал тавар çавранăшĕн планне пурнăçлас ĕç мĕнле пулса пыни çинчен калас пулать. Пĕрремĕш кварталта тавар çавранăшĕ тĕлĕшпе йышăннă плана пурнăçлас ĕç питех те юлса пычĕ, ăна пĕтĕмпе те 94,9 процент çеç тултарнă. Кăçалхи II тата III кварталсенче тавар çавранăшĕн планне тултарнă пулин те пĕрремĕш кварталтан юлнă таварсене халăх патне çитереймен, çавăн пекех тавар çавранăшĕ енĕпе хушса панă задание те пурнăçлайман.

Уйрăм облаçсемпе республикăсенче плана начар пурнăçласа пыракан суту-илÿ организацийĕсем халĕ те пур-ха. Тĕслĕхрен Свердловск хулинчи (хулари суту-илÿ пайĕн заведующийĕ Бубнов юлташ) суту-илÿ организацийĕсене илерха: вĕсем 1953 çулхи тăхăр уйăх хушшинче тавар çавранăшĕн планне 96,5 процент тултарчĕç; Челябинск облаçĕ (облаçри суту-илÿ пайĕн заведующийĕ Устинов юлташ)—97,1 процент тултарчĕ; Ворошиловград облаçĕ (облаçри суту-илÿ пайĕн заведующийĕ Волков юлташ)—96,9 процент тултарчĕ. Правительство 1953 çулхи II тата III кварталсенче халăха сутмалли таварсен фончĕсене ÿстерме мерăсем йышăннă тата халăхăн укçан илекен тупăшĕсем малалла ÿссе пынă май тавар çавранăшĕ тĕлĕшпе 1953 çул валли йышăннă плана ирттерсе тултарма пур условисем те пулса тăчĕç.

Халĕ суту-илÿ работникĕсен задачи çакăн пек: тавар çавранăшĕн 1953 çулхи IV кварталти планне ирттерсе тултармалла, çапла майпа çулталăкри плана, пĕтĕмĕшпе илсен, ирттерсе тултарас пулать, çавăн пекех тавар çавранăшĕ тĕлĕшпе хушса панă задание те пурнăçламалла.

Урăх çĕршывсенчен куллен кирлĕ таварсем кÿрсе килни çинчен пĕр-икĕ сăмах калас пулать. Юлашки çулсенче халăх валли кирлĕ таварсен çав çăлкуçĕпе эпир усă курма пуçларăмăр. Пуянланнă май, эпир халĕ çакăн пек апат-çимĕç таварĕсем: рис, цитрус çимĕçсем, банансем, ананассем, сельдьсем; çакăн пек промышленность таварĕсем: пысăк пахалăхлă çăм пир-авăр тата пурçăн пир-авăр, сĕтел-пукан тата таварсен ассортиментне пуянлатакан ытти хăшпĕр япаласене урăх çĕршывсенчен кÿрсе килме пултаратпăр. Çак таварсене халăх кăмăлласах туянать.

Кăçал эпир урăх çĕршывсенче куллен кирлĕ таварсем пĕтĕмпе 4 миллиард тенкĕлĕх туянатпăр, çав шутран виçĕ пайĕнчен икĕ пайне халăх демократи çĕршывĕсенче туянатпăр. Хамăр енчен эпир урăх çĕршывсене пирĕн патăмăрта ытлашшипех пур хăшпĕр таварсене, халăха кирлĕ таварсене илсе каятпăр, тата халăх демократи çĕршывĕсене хăшпĕр таварсем парса пулăшатпăр.

Советла суту-илĕве хăвăрт вăйлатма *кирлине шута илсе,* Министрсен Совечĕпе Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ çак кунсенче пысăк пĕлтерĕшлĕ решени—советла суту-илĕве малалла аталантарса пымалли мерăсем çинчен решени йышăнчĕç, вăл пирĕншĕн сывăх вăхăтри виçĕ çулхи ĕçсен программи пулса тăрать; советла суту-илĕве çавăн пек хăвăрт вăйлатмалли программа халиччен пирĕн нихçан та пулман-ха.

СССР Министрĕсен Совечĕпе пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ 1954 çулта, *1950 çулхипе танлаштарсан,* государство тата кооперации суту-илĕвĕнче ваккăн сутакан таварсен çавралăшне, пилĕк çуллăх план тăрăх 1955 çулта 70 процент ÿстерме палăртни вырăнне, 72 процент ÿстерес (танлаштармалли хаксемпе шутласан), урăхла каласан, пилĕк çуллăх план тăрăх палăртнă заданиe 1954 çултах иртерсе тултарас, 1955 çулта вара ваккăн сутакан таварсен çавранăшне, 1950 çулхипе танлаштарсан, икĕ хута ахăн ÿстерес, тесе йышăнчĕç.

Суту-илĕве хăвăрт вăйлатас тени мĕне пĕлтерет?—тесе ыйтаççĕ хăшĕрисем. Тавар çавранăшне çакăн пек ÿстерни суту-илĕве чăннипех те хăвăрт вăйлатнине пĕлтерет.

1955 çулта халăха апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем сутасси пилĕк çуллăх планра палăртса хунă заданирен чылай иртсе каять, ку вара çак цифрăсенчен курăнать:

1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, рынокра сутмалли фондсем çакăн чухлĕ ÿсеççĕ

| | Пилĕк çуллăх план тăрăх палăртнă пулнă | Çĕнĕ задани |
|---|---|---|
| аш-какай продукчĕсем | 1,9 хут | 2,3 хут |
| пулă продукчĕсем | 1,7 » | 2,1 » |
| выльăх-чĕрлĕх çăвĕ | 1,7 » | 1,9 » |
| ÿсентăран çăвĕ | 2 » | 2,6 » |
| сахăр | 2 » | 2,3 » |
| тумтир | 1,8 » | 2,4 » |
| пир-авăр | 1,7 » | 1,8 » |
| çав шутран çăм тата пурçăн пир-авăр | | 2,4 » |
| сĕтел-пукан | 3 » | 4 » |
| металран тунă савăт-сапа | 2,5 » | 4,9 » |
| çĕвĕ машинисем | 2,4 » | 5,1 » |
| велосипедсем | 3,5 » | 5,5 » |
| радиоприемниксемпе телевизорсем | 2 » | 4,4 » |
| сехетсем | 2,2 » | 2,6 » |

Рынокра сутмалли ытти нумай таварсен фончĕсем те ÿсеççĕ.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ 1956 çул тĕлне, 1950 çулхипе танлаштарсан, рынокра сутмалли апат-çимĕçпе промышленноçăн тĕп таварĕсен фончĕсене чылай нумайрах ÿстерме кирлĕ тесе шутларĕç:

| | | |
|---|---|---|
| аш-какай продукчĕсем | 2,6 | хут |
| пулă продукчĕсем | 2,3 | » |
| выльăх-чĕрлĕх çăвĕ | 2,1 | » |
| ÿсентăран çăвĕ | 2,8 | » |
| сахăр | 2,4 | » |
| пир-авăрпа атă-пушмак | 2 | » |
| çĕвĕ машинисем | 5,9 | » |
| велосипедсем | 6 | » |
| радиоприемниксемпе телевизорсем | 5,3 | » |
| сĕтел пукан | 4,8 | » |

Çак Постановленире апат-çимĕçпе промышленность таварĕсемпе суту-илÿ тăвас ĕçе нумай лайăхлатас, халăха мĕнле таварсем кирлине тĕплĕн тĕпчесе пĕлес ыйтусене татса панă, суту-илĕвĕн материаллă-техникăлла базине чылай ÿстерме тата советла суту-илĕве аталантарас енĕпе ытти пысăк ĕçсене тума палăртнă.

Суту-илÿ енĕпе халĕ çакăн пек задача тăрать: советла суту-илĕве аталантарас ĕçе чăнласах та хăвăрт малалла ямалла тата çывăхри икĕ-виçĕ çул хушшинче халăха кирлĕ пур таварсене те кашни хуларах тата кашни ялти районтах пĕрмаях çителеклĕ сутса тămалла тăвас пулать.

Апат-çимĕç таварĕсемпе суту-илÿ тăвас ĕçре паха йышши çимĕçсем сутасси чылай ÿсни уйрăмах палăрса тăрать.

Аш-какай туянасси 1953 çулăн малтанхи çурçуллăхĕнче, 1950 çулăн малтанхи çурçуллăхĕнчипе танлаштарсан, Мускавра 2 хут, Ленинградра 1,9 хут, Молотов хулинче 2,2 хут, Свердловскра 1,9 хут, Челябинскра 2,5 хут ÿснĕ. Ытти хуласенче сахалтарах ÿснĕ, анчах халиченхипе танлаштарсан, çапах та нумай ÿснĕ.

1953 çулта выльăх-чĕрлĕх çăвĕ 1952 çулхинчен 108 пин тонна ытларах сутаççĕ.

1953 çулта сахăр 1952 çулхинчен 600 пин тонна яхăн нумайрах сутаççĕ.

Ивановăри пир-авăр тĕртекенсем (Середски пир-авăр фабрики) 1909 çулта кашни çын пуçне çулталăкра 12,8 килограмм сахăр илнĕ, совет çĕршывĕнчи пир-авăр тĕртекенсем 1952 çулта, çĕршывĕпе вăтам шутпа илсен, кашни çын пуçне çулталăкра 31,2 килограмм сахăр илнĕ, 1953 çулта çак хисеп 35 килограмран иртет. Куратăр ĕнтĕ, сахăр туянасси икĕ хут ытла ÿснĕ.

Пирĕн çĕршывра хăшпĕр районсенче сахăр çитменни çинчен те каласа хăварас пулать. Хăшпĕр чухне катăклă сахăр пур, сахăр песокĕ çук е сахăр песокĕ пур—катăклă сахăр çук пирки кÿренсе пĕлтереççĕ.

Çакă вăл промышленноçпа суту-илÿри хозяйственниксен организацилле ĕçри çитменлĕхĕ.

Виноград эрехĕ туянасси те хăвăрт ÿссе пырать, хальхи вăхăтра çак эрехе 1940 çулхинчен 1,8 хут ытларах туянаççĕ. Çакă нимĕнрен ытларах халăхăн таварсем туянас пултарулăхĕ ÿснинчен килет. Шампански эрох те халĕ ытлашши хаклă япала шутланмасть, халĕ пирĕн çĕршыври ĕççыннисем ăна туянма пултараççĕ, çакă та вара пурнăç лайăхланса пынине кăтартса парать.

Совет çыннисем пысăк пахалăхлă апат-çимĕç таварĕсем ыйтнине тивĕçтересси промышленноçпа суту-илÿшĕн закон пулса тăмалла.

Тавар илекенсем ыйтнине шута *илсе, советла суту-илÿ* работникĕсен промышленноçран *апат-çимĕç ассортиментне* пысăклатма тата вĕсен пахалăхне *лайăхлатма* хытăрах ыйтмалла, çапла майпа промышленноçа лайăхрах ĕçлеме хистемелле.

Апат-çимĕç промышленноçĕ халăх юратакан апат-çимĕç таварĕсене, çакăн пеккисене: сосискăсем, котлетсем, пельменсем, колбаса тата аш-какайран тунă ытти пĕçермелли çимĕçсем, хутпа чĕркенĕ лайăх сортлă конфетсем: «прозрачная», «раковая шейка», «гусиные лапки», «лебедь», «мишка косолапый» текеннисене, варрине майăр е çырла хунисене, халĕ те çителĕксĕр туса кăларать-ха.

Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн виçсе хатĕрленĕ, лайăх тата илемлĕн чĕркенĕ таварсем нумайрах туса кăларассине хăвăрт ÿстерес пулать.

Çавăн пекех тата пур магазинсенче те апат-çимĕçпе пĕрле усă куракан таварсем (сăмахран, гастрономи магазинĕсенче—уксус, горчица, хрен тата ытти те) сутмалла, консервсем сутнă чухне—вĕсене уçма ятарласа тунă уçăсем, çĕçĕсем, эрех сутнă чухне—пробка кăлармаллисем, штопорсем тата ытти хатĕрсем сутмалла. Çаксем вакă япаласем пек туйăнаççĕ, анчах вĕсем тавар илекене кирлĕ,—вĕсем вак япаласем мар.

Çĕрулми тата пахча çимĕç сутас ĕçре çитменлĕхсем нумай. Çав çитменлĕхсем асăннă чи кирлĕ апат-çимĕçсене халăха *сутас ĕçре* йывăрлăхсем туса хураççĕ. Хуласемпе промышленность центрĕсене кÿрсе пыракан çĕрулми тата пахча çимĕç запасĕсене пур вăхăтра та пĕр пек расходламаççĕ. Çĕрулмипе пахча çимĕçе август—декабрь уйăхĕсенче ытларах расходлаççĕ, январь-февраль уйăхĕсенче вĕсене вăхăтран вăхăта кăна сутаççĕ. Çĕрулмипе пахча çимĕç хранилищисем тăвас ĕç çине тимлĕ пăхмалла, çĕрулмипе пахча çимĕç запасĕсене лайăх упрамалла, вĕсем хĕл тăршшĕпех тата çуркунне те сутмалăх çителĕклĕ пулччăр.

Кăçал халăха арбузсемпе дыньăсем нумайрах сутма мерăсем йышăнăччĕ, çакă вара улма-çырла çителĕксĕр пулнине витме чылай пулăшрĕ. Кăçал икĕ уйăх хушшинче централизациленĕ фондсенчен кăна хуласенче арбузсемпе дыньăсем 453 пин тонна сутнă, 1952 çулта вара 234 пин тонна сутнă пулнă.

Садсем ĕрчетес ĕçе лайăхлатас тĕлĕшпе йышăннă мерăсен результачĕсем хăвăрт палăрма пултараймассĕ. Савăнпа акă мĕнле задача тăрать: арбузсемпе дыньăсем лартса ÿстермелли пысăк майсемпе туллин усă курмалла, çак культурăсене 1954 çулта рынока çителĕклĕ тăратмалла тăвас пулать.

Пирĕн халăх юлашки çулсенче паха йышши, уйрăмах лайăх сортлă тулă çăнăхĕнчен пĕçернĕ çăкăрсемпе булкăсем ытларах илесшĕн, çавна май ахаль сортлă çăкăрсем илесси палăрмаллах чакса пырать. Сăмахран, Мускавра вăрçă умĕнхи вăхăтра, вăтам шутпа, талăкра 700—800 пин булка сутнă, халĕ 2.300 пин булка сутаççĕ; Донбасра батонсемпе булкăсем 1940 çулхинчен 10 хут нумайрах, Уралта ултă хут нумайрах сутаççĕ.

Çакăн пек задача лартнă: 1956 çулта паха йышши, сортлă тулă çăнăхĕнчен пĕçернĕ, штукăн сутмалли çăкăр 75 процент таран пĕçермелле тумалла, вăрçăчченхи вăхăтра çавăн пек çăкăр 20 процент таран пĕçернĕ пулнă; сăсалтан тасатнă çăнăхран штукăн сутмалли çăкăр 40 процент таран пĕçермелле. Вăрçăччен штукăн сутмалли çавăн пек çăкăр пĕçерменпе пĕрех.

Çăкăр ассортиментне лайăхлатнипе пĕрлех, кăçалхи октябрь уйăхĕнчен пуçласа çăкăрпа çăнăхăн тутăлăхне ÿстерме тата пахалăхне лайăхлатма чылай ĕçсем тума тытăнаççĕ. Çăкăрта углеводсем, усăллă минераллă таварсем тата белоксем нумайрах пулмалла тунипе çăкăрăн тутăлăхĕ чылай ÿсет. Вĕтĕ авăртнă çăнăх ытларах пулать, çак çăнăхран пĕçернĕ çăкăр сыннăшăн уйрăмах усăллă.

Шел пулин те, çакна палăртма тивет: пирĕн начар çăкăр пĕçернĕ тĕслĕхсем халĕ те пур-ха, çăкăра йÿçĕ те тăчка пĕçереççĕ, питне çунтараççĕ. Çăкăрпа булкăсен ассортиментне нумайлатас шутпа пирĕн Правительство çак кунсенче çăкăр пĕçерекен промышленноçа малалла аталантармалли, çăкăр пахалăхĕпе ассортиментне тата çăкăр сутас ĕçе лайăхлатмалли пысăк программа çирĕплетрĕ.

Хальхи вăхăтра Апат-çимĕç промышленность министерствин системинче çăкăр пĕçерекен 800 завод тата механизациленĕ пекарнясем 1.100 яхăн, вуншар çул каялла тунăскерсем, ĕçлеççĕ пулсан, çитес виçĕ çул хушшинче кăна çăкăр пĕçерекен предприятисем çĕнĕрен 372 *тумалла, вĕсенче çăкăр пĕçерес* ĕçсене çĕнĕ техникăпа туса пымалла пулать.

Çăкăр пĕçерекен тата кондитерски *промышленноçăн* çитменлĕхĕсене пула нумай хуласенче пирожнăйсем, тортсем тата печени халăх ыйтнине тивĕçтермелĕх пĕçермеççĕ. Çакна шута илсе çăкăр завочĕсем çумĕнче ятарласа çав çимĕçсене пĕçерекен 200 кондитерски цех тумалли программа хатĕрлесе çирĕплетнĕ.

Çăкăрпа çăнăх пахалăхне лайăхлатса *пынипе пĕрлех, çăкăра* турттарса пырас тата усрас ĕçе лайăхлатма *мерăсем йышăнас* пулать. Нумай хуласенче çăкăра юрăхсăр транспортпа, пĕр çĕре купаласа, санитари правилисене пăхăнмасăр турттарнă тата усранă тĕслĕхсем, çăкăра тиенĕ тата пушатнă чухне тирпейсĕр тыткаланă фактсем пур, çаксем вара чылай чухне çăкăр пахалăхне чакараççĕ. Çак *сăлтавсене пулах çăкăр* илекенсем патне час-часах пахалăхĕ *начарланнă,* хапчăкса пĕтнĕ тата тавар сăнне сухатнă çăкăр çитет.

Пур хуласенче те çăкăра Мускаври, Ленинградри тата ытти пысăк хуласенчи пек *ятарласа тунă транспортпа* турттарас ĕçе йĕркелемелле, çак ĕçе 1955 çулта туса çитермелле.

Промышленность туса кăларакан куллен кирлĕ таварсене сутасси 1953 çулта, вăрçă умĕнхи тапхăртипе танлаштарсан, нумай ÿсрĕ.

1953 çулта, 1940 çулхипе танлаштарсан, çăм пир-авăрпа пурçăн пир-авăр сутасси 5,3 хут, тумтир сутасси 2,1 хут, велосипедсем сутасси 6 хут, мотоциклсем сутасси 100 хут ÿснĕ, анчах вĕсем çитмеççĕ. 1953 çулта çăмăл автомобильсем 1950 çулхинчен 1,9 хут нумайрах сутмалла, вăрçăчченхи вăхăтра уйрăм çынсене хăйсем валли автомобильсем сутман. Çапла каланине илтме пулать: халĕ автомобильсем туянма черете тăнисен шучĕ çур çула çитет. Çак йывăрлăхсем—уйрăм йышши йывăрлăхсем, пирĕн кивĕ йывăрлăхсенчен пачах урăхла.

Кăçал промышленность таварĕсем сутасси чылай ÿсрĕ. Кăçал пир-авăр, тумтир, атă-пушмак, трикотаж, чăлха-носки 1952 çулхинчен 21 миллиард тенкĕлĕх яхăн нумайрах е 23,5 процент ытларах сутмалла.

Çавăнпа пĕр вăхăтрах чылай промтоварсем енĕпе халăх ыйтнине тивĕçтерсе çитереймеççĕ-ха. Тĕрлĕ тĕслĕ çиппен тĕртнĕ пир-авăр, тĕрлĕ ÿкерчĕклĕ тата ворсовăй пир-авăр, тумтир айне хумалли, аялти кĕпесем çĕлемелли пир-авăр çитмест. Çĕленĕ кĕпе-тумтир — костюмсем, пальтосем, арçынсемпе хĕрарăмсем валли искусственнăй пурçăнран çĕленĕ кĕпесем çитмеççĕ.

Таварсене палăртнă срокенче яланах пĕр пек тиесе ăсатмаççĕ; тĕссем, ÿкерчĕксем, тумтирсен виçисем, фасонсем тĕлĕшĕнчен сортласа тиемеççĕ; суту-илÿ организацийĕсен заказĕсене кирлĕ пек пурнăçламаççĕ. Çапла, сăмахран, Минскри промторг 1953 çулта 37 тĕслĕ ситец ярса пама ыйтнă, вăл Мускаври таварсем ăсатакан базăран I кварталта 3 тĕслĕ ситец кăна илнĕ; унта 15 тĕслĕ сатин вырăнне пĕр тĕслĕ сатин кăна илсе пынă пулнă. Главтекстильторгăн Хусанти суту-илÿ бази II кварталта Тутар АССР хулисенчи суту-илÿ организацийĕсене аялти кĕпесем çĕлемелли пир-авăр заказра кăтартнă хисепĕн 138 процентĕ чухлĕ, сатин 85 процент, çуллахи кĕпесем çĕлемелли пир-авăр 85,2 процент чухлĕ панă.

Суту-илÿ организацийĕсемпе магазинсенче таварсене виçе енĕпе, вăрăмăшĕ енĕпе, фасонсем, модельсем, тĕссемпе ÿкерчĕксем енĕпе сортлас ĕçе начар йĕркеленĕ. *Уйрăм йышши таварсем,* кирлĕ виçеллĕ, фасонлă, кирлĕ тĕслĕ тата ÿкерчĕклĕ таварсем магазинсенче сутманни час-час пулать, çав вăхăтрах кун пек таварсем базăсемпе складсенче выртаççĕ.

Совет Правительстви, халăх строительство материалĕсем ытларах ыйтнине туллинрех тивĕçтерес шутпа, кăçал строительство материалĕсем хуласемпе ялсенче ваккăн сутма пĕлтĕр сутма уйăрса панинчен икĕ хут çурă яхăн нумайрах уйăрса пачĕ.

1953 çулта халăха тата колхозсене *строительство материалĕсем* 1952 çулхинчен çакăн чухлĕ нумайрах сутмалла: ĕçе юрăхлă йывăçпа хăма 3 хут нумайрах, шифер 2,5 хут, пăта, сортлă тимĕр, çăмăл сивиттĕ, цемент 1,8 хут нумайрах, çавăн пекех тата олифа, белила, çиелтен витсе илемлетмелли плитка, штукатурка тумалли типĕ гипс тата чÿрече кантăкĕ нумайрах сутмалла.

Кăçал халăха стандартлă хатĕр çуртсем сутма пуçланă. Халăхăн перекетлĕ укçа-тенкĕ пухăнса пырать, çак укçапа ĕççыннисен харпăр хăй валли хуласемпе *ялсенче çуртсем* тата дачăсем лартма май пулать. 1954 çултан пуçласа Мускавра, Ленинградра тата ытти чылай хуласенче тĕрлĕ йышши çуртсем сутассипе анлăрах организацилеççĕ, çав çуртсене лартма халăхран заказсем илме пуçлассĕ.

## Халăх ыйтăвĕсене тĕпчесе вĕренесси, таварсен пахалăхне лайăхлатассишĕн кĕрешесси

Пурте пĕлеççĕ ĕнтĕ, советла суту-илĕвĕн тĕп тĕллевĕнчен халăх мĕнле таварсем ыйтнине тата унăн мĕнпур йышши ыйтăвĕсене тĕпчесе вĕренме кирли тухса тăрать. Çапла тунипе çеç таварсен ресурсĕсене çĕршывăн районĕсем тăрăх тĕрĕсрех валеçсе тухма пулать.

Суту-илÿри чи пысăк çитменлĕх вăл халăх мĕнле таварсем ыйтнине çителĕксĕр тĕпчесе вĕренни пулса тăрать, çак çитменлĕх советла суту-илĕве малалла аталантарса пырас ĕçре пысăк чăрмав пулса тăма пултарать. Çакна уççăнах калас пулать: суту-илÿ работникĕсем халăх мĕнле таварсем ыйтнине халĕ начар тĕпчесе вĕренеççĕ, çавăн пирки таварсене облаçсем, крайсем тата республикăсем тăрăх валеçес, унта илсе пырас ĕçсене планланă чухне пысăк йăнăшсем пулаççĕ.

Горький хулинче, промышленноçăн çак *пысăк центрĕнче,* халăх мĕнле япаласем ыйтнине тĕпчесе пĕлес ĕçе пĕр магазинра çеç туса пыраççĕ. Хусанта мĕнле таварсем ытларах кирлине тĕпчесе пĕлес ĕçе универмагра тата горпромторгăн икĕ магазинĕнче çеç йĕркеленĕ. Суту-илÿ организацийĕсенчен нумайăшĕ халăх ыйтăвĕсене тĕпчесе пĕлес ĕçе карточкăсемпе ведомоссем çине çырнипех çырлахаççĕ, унта мĕн çырнине тĕпчесе вĕренес енĕпе сахал ĕçлеççĕ, вĕсемпе оперативлă ĕçре сахал усă кураççĕ. Главунивермагра халăх мĕнле таварсем ыйтни çинчен вырăнтан пĕлтернисене тĕпчесе вĕренмеççĕ, пĕтĕçтермеççĕ, вĕсемпе практикăра сайра хутра çеç усă кураççĕ.

Çĕршывăн районĕсене таварсем кÿрсе пырассине тата суту-илÿ организацийĕсене таварсем парассине халичченхех тавар тăратаканĕсемпе «калаçса татăлса килĕшнĕ» ассортимент тенĕскерсем тăрăх туса пыраççĕ. Çĕршывăн тĕрлĕ районĕсенче рынок мĕнлине тата уйрăмах ассортимент тĕлĕшĕнчен мĕнле таварсем ыйтнине начар пĕлнĕрен ассортиментсем пирки калаçса татăлса килĕштернĕ чухне йăнăшсем чылай тăваççĕ. Пурнăç хăйĕн пысăк тÿрлетĕвĕсене кĕртет, çав вăхăтрах калаçса татăлса килĕштернĕ ассортимент çаплипех юлать. Практикăра вара калаçса татăлса килĕшлĕ ассортимент час-часах суту-илÿшĕн ирĕксĕрех илмелли ассортимент пулса тăрать.

Таварсем тăратмалли хальхи тĕп условисем тăрăх суту-илÿ организацийĕсем калаçса татăлса килĕшнĕ ассортимент тăрăх таварсем суйласа илме тивĕçлĕ. Уйнтан та ытларах, суту-илÿ организацийĕ центрта «калаçса татăлса килĕшнĕ» ассортиментран мĕнле те пулин тавар илмест пулсан, ăна кун вырăнне урăх таварсем, çав районта халăх туянакан таварсем памаççĕ. Çакăн пек йĕрке, тен, таварсем ăсатакан базăсен кахал работникĕсемшĕн юрăхлă пулĕ, анчах çакă вăл суту-илĕве сиен кăна кÿрет.

Главтекстильторгăн суту-илÿпе таварсем ăсатакан базисен управляющийĕсен канашлăвĕнче таварсене тĕрĕс мар кÿрсе пыни çинчен, суту-илÿ организацийĕсене ирĕксĕрлесех таварсем йышăнтарни çинчен тата мĕнле таварсем кирлине çителĕксĕр тĕпчесе вĕренни çинчен нумай тĕслĕхсем илсе кăтартрĕç. Кун хыççăн уйрăм районсене мĕнле таварсем илсе пымалли плансене нумай тÿрлетмелле пулчĕ.

Туса кăларакан таварсем тĕлĕшпе ассортимента 1953 çулта темиçе хутчен тÿрлетÿсем кĕртнĕ, анчах çав тÿрлетÿсене пурне те Суту-илÿ министерстви вăхăтра сĕнмен, уйчен складсемпе базăсенче халăх сахал ыйтакан уйрăм йышши таварсем ытла та нумай пухăннă пулнă.

(Юлашки çитес номерте пулать).

# Америкăри ĕççыннисем хăйсен прависемшĕн кĕрешеççĕ

Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсем ытларах та ытларах çар лагерĕ пулса пыраççĕ. США çарĕ мирлĕ вăхăтра хальхи пек нихçан та пысăк пулман. Çар производствине питĕ хытă вăйлатаççĕ, çавна май миллиардерсемпе миллионерсем вĕçĕ-хĕррисĕр пысăк услансем илеççĕ.

Пичетлесе кăларнă материалсенчен çакă паллă: 1950 çулхи июньтен пуçласа 1953 çул вĕçленнĕ тĕле, тепĕр майлă каласан, Корея халăхне хирĕç вăрçă пынă вăхăтра икĕ çул çурă хушшинче корпорацисен усламĕсем налогсем тӳличчен 107 миллиард доллара çитнĕ, ку вăл вĕсен иккĕмĕш тĕнче вăрçи вăхăтĕнче пилĕк çул хушшинче илнĕ усламсене танлашать. Иккĕмĕш тĕнче вăрçи вăхăтĕнче корпорацисен çулталăкри усламĕ вăтам шутпа 21,5 миллиард доллар пулнă пулсан, Корейăри вăрçă вăхăтĕнче вара çав хисеп икĕ хут ӳснĕ, 42,5 миллиард доллара çитнĕ.

Икĕ çул çурă хушшинче, 1950 çулхи июньтен пуçласа 1952 çул вĕçленнĕ тĕле, рабочисен реальнăй ĕç укçи вăтам шутпа 10 процент чакнă, çав вăхăтрах, пĕтĕмĕшпе илсен, рабочисем тăвакан ĕç 13 процент ӳснĕ.

Васкаса хĕçпăшаллантарнине пула халăхăн апла сиенсен пысăк йывăрлăх тӳсме тивет. Америкăри ĕççынни хăйĕн ĕç укçинчен налогсем нумай тӳлет, çав налогсем çултан-çул ӳсеççĕ. Корейăри вăрçă пуçланнăранпа кăна налогсене икĕ хут ӳстернĕ. 1937—38 бюджет çулĕпе танлаштарсан, халăхран тӳрех илекен налогсем 12 хут ӳснĕ. Кунсăр пуçне ĕç укçин пысăк пайне, час-часах виçĕ пайĕнчен пĕр пайне, хваттершĕн тӳлеме тивет, ачасене шкулта вĕрентнĕшĕн те, медицина пулăшăвĕшĕн тӳлеме те укçа нумай кирлĕ.

Налогсем ӳсе пынипе пĕрлех куллен кирлĕ япаласен хакĕсем татти-сыпписĕр ӳсе пыраççĕ. Вăрçăччен хакпа танлаштарсан, пĕлтĕр çулталăк вĕçленнĕ тĕле апат-çимĕç продукчĕсен тата куллен кирлĕ таварсен хакĕсем 2,3 хут, нумай продукчĕсен хакĕсем тата та ытларах ӳснĕ. Акă, аш-какай хакĕ 3 хут, пулă хакĕ—3,5 хут, пахча çимĕçпе улма-çырла хакĕ 2,8 хут ӳснĕ. Хаксем çавăн пек ӳссе пынă пирки халĕ пĕр долларпа вăрçă умĕнхинчен икĕ хут сахалтарах тавар туянаççĕ.

Кунсăр пуçне, нумай рабочисене предприятисенче юри уçакан магазинсенче çаратаççĕ. Çав магазинсенче куллен кирлĕ япаласене питĕ хаклă хакпа, ĕç укçи иличчен кивçен сутаççĕ. Çавна пула рабочи, предприяти хуçине кивçене кĕрсе, пĕрмаях юхăнса пырать.

Монополилле капитал Америкăри ĕççыннисен пурнăçне начарлатса пынипе пĕрлех вĕсен демократилле тата профсоюз прависене пĕтерсе пырать. Юлашки çулсенче ĕççыннисен прависене хĕсекен законсем нумай йышăннă. Вĕсенчен чи реакциллĕ, рабочисене хирĕç пыракан законсенчен пĕри Тафт—Хартли законĕ пулса тăрать. Ку закон рабочисен забастовка тумалли правине пĕтерет, пысăк забастовкăсем пулнă вăхăтра президента чрезвычайнăй йĕрке туса хума право парать, профсоюз членĕнче тăракан рабочисен прависене хĕсет.

Представительсен палатин ĕç ыйтăвĕпе ĕçлекен комиссийĕ 1953 çулхи февральте Тафт—Хартли законне тепĕр хут пăхса тухма тытăннă. Çакна ăна Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи финанспа промышленноçри хуçасен ушкăнĕсем хистенипе тăваççĕ. вĕсем рабочисене хирĕç пыракан законсене татах та ытларах хытарма хушаççĕ.

Тафт—Хартли законне «тӳрлетӳсем» кĕртме пуçарнă çынсем: закона капиталистсен интересĕсемшĕн çеç мар, рабочисен «интересĕсемшĕн те» пăхса тухаççĕ, тесе ĕнентересшĕн. Анчах та конгресс комиссине пăхса тухма тăратнă тӳрлетӳсемпе çĕнĕ закон проекчĕсем капитализмла монополисем рабочисен прависене малашне тата та хытăрах хĕсме хатĕрленнине кăтартса параççĕ.

Нумаях пулмасть вилнĕ сенатор Тафт хăйĕн законне кĕртме 16 тӳрлетӳ тăратнă пулнă. Электричествăпа радио промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисен Пĕрлешӳллĕ профсоюзĕн «Юнайтед электрикл ньюс» ятлă хаçачĕ çапла кăтартса парать: Тафт «тӳрлетĕвĕсем» «ку закона татах та начарлатаççĕ». «Предпринимательсен тата политика деятелĕсем,— тесе çырать хаçат, — Тафт-Хартли законĕпе усă курас ĕçре çĕнĕ тапхăр пуçласа ячĕç, унпа вĕсем профсоюзсене хĕсме, рабочисен ĕç укçине чакарма, вĕсен ĕç условийĕсене начарлатма усă кураççĕ».

Представительсен палатин членĕ Лукас палата комиссинче пăхса тухма закон проекчĕ тăратнă. Унта промышленноçăн пĕтĕм отраслĕнчи рабочисене пĕрлештерсе тăракан профсоюзсене компанисемпе калаçусем иртерме чарма пăхнă. Çак закон проекчĕ, тесе кăтартса парать профсоюз пичечĕ, чăннипе илсен, металлурги, сĕт кăмрăкĕ тата нефть кăларакан, автомобиль тăвакан промышленноçри тата США-ри промышленноçăн ытти пысăк отраслĕсенчи профсоюзсене ĕç условийĕсене лайăхлатассишĕн, ĕç укçине ӳстерессишĕн забастовкăсем туса кĕрешме чарас тĕллев тытать. Закон проекчĕ отраслĕсенчи пысăк профсоюзсене пĕрлешнĕ рабочисен кĕрешĕвне сапаласа ярасшăн, ун пек тусан, çав профсоюзсен вырăнти организацийĕсем хăватлă монополисемпе уйрăммăнăн кĕрешме лекнĕ пулĕччĕ. Чугун çулсем çинчи рабочисен профсоюзĕн «Трейнмен ньюс» ятлă хаçачĕ çапла шутлать: Лукас закон проекчĕ, чăннипе илсен, «профсоюзсене пĕтĕмпех чарса лартас» тĕллев тытать.

Икĕ конгрессмен — Голдуотер тата Роудс—нумай пулмасть конгреса çĕнĕ закон проекчĕ тăратнă. Унта кирек мĕнле профсоюзăн членĕсен хисепне, укçа мĕн чухлине, профсоюз ĕçлесе тăнине тĕплĕн ыйтса пĕлме пăхнă. Профсоюзра кам та пулин коммунист пулса тăрать тесе, çавăн пек тума палăртаççĕ. Голдуотер—Роудс закон проекчĕ пур профсоюзсене те «Сăтăрла ĕçсем тунине хирĕç кĕрешекен управлени» текенскерĕн влаçне пăхăнтарать.

Влаçра тăракан ушкăнсемпе пĕр пулса, реакциллĕ профсоюз пĕрлешӳвĕсен—Америкăри ĕç федерацийĕн тата Производство профсоюзĕсен конгресĕн пуçлăхĕсем рабочисене хирĕç кĕрешеççĕ. Реакциллĕ профсоюзсен пĕрлешӳвĕсене кĕрекен отраслĕсенчи профсоюзсен нумай лидерĕсем те рабочисен интересĕсене сиен кӳреççĕ, вĕсем предприятисен хуçисем майлă тăраççĕ. Ку тĕлĕшпе тĕслĕхшĕн автомобиль тата авиаци промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисен профсоюзне илсе кăтартма пулать, ăна Рейтер тата çавăн йышши ытти профбюрократсем ертсе пыраççĕ. Çак профсоюзăн 1953 çулхи март уйăхĕнче пулса иртнĕ съездĕнче ĕç условийĕсене лайăхлатас, рабочисен ĕç укçине ӳстерес, ĕç эрнине кĕскетес пирки ыйту лартма кирли çинчен калаçкаланисем илтĕннĕ. Анчах та съезд рабочисен çав ыйтăвĕсене сирсе янă, профсоюзăн шалти демократине татах та пĕчĕклетсе хăварнă, Рейтер шайккин влаçне çирĕплетмелле туса хунă.

Пĕрлешӳллĕ Штатсенче прогрессивлă профсоюзсем те чылай. Вĕсене ертсе пыракан хăюллă деятельсем рабочи класăн интересĕсене çине тăрса хӳтĕлеççĕ. Çавсен шутне электричествăпа радио промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисен профсоюзĕ, сăрт-ту промышленноçĕнчи горняксен тата металл шăратакансен никама пăхăнса тăман профсоюзĕ, тир тăвакан промышленноçри рабочисен профсоюзĕ тата ытти хăшпĕр профсоюзсем те кĕреççĕ. Прогрессивлă организацисене тата вĕсене ертсе пыракансене предпринимательсемпе влаçсем питĕ хытă хĕсĕрлеççĕ. Акă, монополисен агенчĕсем нумай пулмасть сăрт-ту промышленноçĕнчи горняксен тата металл шăратакансен профсоюзăн Барлсбадри (Нью-Мексико штачĕ) уйрăмĕн çуртне вут тĕртсе çунтарса янă. Кун умĕн кăна профсоюзăн Бейардри уйрăмĕн çуртне пушар пысăк сиен кӳнĕ пулнă.

Профсоюз пĕрлешӳвĕсен лидерĕсем, монополисем тата правительство хĕсĕрленине пăхмасăрах, прогрессивлă профсоюзсем ĕççыннисем хушшинче мĕнпур тимлĕхпе ĕçлеççĕ. Электриксен профсоюзĕ юлашки икĕ çул хушшинче хăйсен организацийĕсене 94 предприятире тунă. Тир тата сăран тăвакан промышленноçри рабочисен профсоюзĕ кăнтăрта, уйрăмах негр рабочисем хушшинче пысăк çитĕнӳсем тунă.

Монополисем ĕççыннисен экономикăлла тата политикăлла прависем çине тапăнаççĕ. Çакна хирĕç рабочи класăн хăйĕн пурнăçне лайăхлатассишĕн активлă кĕрешме тивет. Пĕрлешӳллĕ Штатсенче забастовкăсен хисепĕ çултан-çул ӳссе пырать. США-ри ĕç статистикин бюровĕ официальнăй йĕркепе пĕлтернĕ тăрăх, 1948 çулта 3.419 забастовка пулнă, вĕсене 1.960 пин рабочи хутшăннă. 1950 çулта забастовкăсен шучĕ 4.843 çитнĕ, вĕсене хутшăннисен хисепĕ вара 2.410 пин çынна çитнĕ. 1952 çулта забастовкăсем нихçанхинчен те нумайрах—5.117 забастовка пулнă, вĕсене 3.540 пин рабочи хутшăннă, кун пекки США-ри рабочи юхăмăн историйĕнче халиччен пулман. Рабочисем ĕç укçине, пенсисене ӳстерессишĕн, профсоюз прависене хӳтĕлесе хăварассишĕн, çавăн пекех ытти ыйтусене тивĕçтерессишĕн кĕрешнĕ. Иртнĕ çулхи забастовкăсене пула предпринимательсем 59.100 пин çын-кун çухатнă.

Пĕрлешӳллĕ Штатсенче забастовка юхăмĕ 1953 çулта та анлăн сарăлса пырать. Малтанхи пилĕк уйăх хушшинче кăна, официальнăй йĕркепе пĕлтернĕ тăрăх, США-ра 2.325 забастовка пулса иртнĕ, вĕсене 1.095 пин çын хутшăннă.

1953 çулхи малтанхи уйăхсенче чи паллă забастовкăсем çаксем пулнă: Нью-Йорк хулинчи автобус работникĕсен забастовки, вăл уйăха яхăн пынă; Чикагăри металлурги завочĕсенчи рабочисен забастовки, унта 18 пин çын хутшăннă. Апрельте каучук промышленноçĕнчи 35 пин ĕççынни забастовка тунă.

Май уйăхĕнче строительствăри рабочисем нумай çĕрте забастовкăсем туса иртернĕ, çав забастовкăсене 20 штатри рабочисем хутшăннă. Вĕсенчен чи пысăкраххи Теннесси штатĕнче атом предприятийĕсем тăвакан рабочисен забастовки пулнă. Май уйăхĕнчех автомобиль промышленноçĕнче те вăйлă забастовкăсем пулса иртнĕ; забастовка тунă рабочисен хисепĕ 56 пин çынна çитнĕ.

Темиçе пысăк забастовка июнь уйăхĕнче те пулнă. Июнĕн 3-мĕшĕнче Питтсбургри металлурги заводĕнчи тăватă пин рабочи забастовка пуçланă, июнĕн 9-мĕшĕнче Калифорнири строительствăри рабочисем 15 пин çын забастовка тума тытăннă. Июнĕн 17—21-мĕшĕсем хушшинче Атлантика океанĕ хĕрринчи тата Мексика заливĕнчи портсенче ĕçлекен моряксен забастовки пынă, унта 20 пин çын хутшăннă. Рабочисем хăйсен ĕç укçине ӳстерттернĕ. Кентукки штатĕнчи «Макгроу» компанийĕн 10 пин рабочи-строителĕ сакăр кун хушши забастовка тунă, ĕçрен кăларса янă хăйсен юлташĕсене—250 çынна каялла ĕçе илтернĕ.

Июнь уйăхĕ вĕçĕнче Гавай утравĕсем çинче пысăк забастовка пулса иртнĕ, унта докерсем, сахăр тата ананас плантацийĕсенче ĕçлекен рабочисем, консерва завочĕсенчи рабочисем 25 пин çын хутшăннă. Забастовкăна Хĕвеланăç çыранĕнчи грузчиксен профсоюзĕн вырăнти уйрăмĕн руководительне Джек Хола суд тунăшăн хирĕçлесе организациленĕ.

1953 çулхи июльте Нью-Йорк тата Вермонт штачĕсенчи чугун çул работникĕсем, Аслă кӳлĕсенчи суту-илӳ флочĕн морякĕсем, Сент-Луис хулинчи транспорт работникĕсем забастовкăсем тунă. Хĕвеланăç Виргини штатĕнчи ултă металлурги заводĕнче забастовка пулса иртнĕ.

Чылай забастовкăсем нумай вăхăта пынипе паллă пулса тăраççĕ. Сиракузы хулинчи «Дженерал электрик» компанийĕн электроннăй оборудовани туса кăларакан завочĕсенчи 10 пин рабочи хутшăннă забастовка икĕ уйăх, апрелĕн 3-мĕшĕнчен пуçласа июнĕн 3-мĕшне çитиччен, тăсăлнă; предпринимательсем профсоюза аркатса яма тăнине хирĕçлесе рабочисем забастовка иртернĕ. Çак компанин Ивендейл хулинчи (Огайо штачĕ) заводĕнче реактивлă двигательсем туса кăларакан заводра ĕçлекен рабочисен забастовки 65 куна пынă. Бантонри (Огайо штачĕ) «Форд» компанийĕн заводĕнче забастовка 36 кун хушши тăсăлнă.

Кăçал Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи атом предприятийĕсенче забастовкăсем чылай пулса иртнĕ (сăмахран, Скенектедире, Дюнкеркра, Оборнра, Окриджра тата ытти хуласенче те).

Рабочисем хальхи вăхăтра предпринимательсене хирĕç тăнипех лăпланмаççĕ, вĕсем рабочи класа кĕрешме кансĕрлекен, ĕççыннисен ăнланулăхне ӳсме чăрмантаракан реакциллĕ профсоюзсен пуçлăхĕсене хирĕç те кĕрешеççĕ.

Кĕрешӳсенче рабочи класăн пĕрлĕхĕ çирĕпленет. Профсоюзсен вырăнти организацийĕсем час-часах, хăйсен профсоюзĕсен лидерĕсене пăхмасăрах, пĕр-пĕр ыйту тăрăх пĕрле кĕрешесси çинчен калаçса татăлаççĕ. Сăрт-ту промышленноçĕнчи прогрессивлă профсоюз пуçарнипе «Анаконда» ятлă пăхăр монополийĕпе контракт тăвасси çинчен пĕрле калаçусем иртерме тĕрлĕ профсоюзсен вырăнти 46 организацийĕ калаçса татăлнă.

Хĕвеланăç çыранĕнчи грузчиксен профсоюз руководстви ĕç укçине ӳстерттерессишĕн тата ĕç условийĕсене лайăхлатассишĕн июнь уйăхĕнче тинĕс транспортĕнчи мĕнпур работниксене хăйсен вăйĕсене пĕтĕçтерме чĕнсе каланă. Производство профсоюзĕсен конгресне кĕрекен йывăç япаласем тăвакансен профсоюзĕн округри уйрăмĕн Эверетт хулинче пулса иртнĕ конференцийĕ, пĕр саслă пулса, резолюци йышăннă. Унта пĕтĕм ĕççыннисене «халăхăн конституцилле прависене пӳлсе тăракан законсене улăштарассишĕн пĕрлĕхлĕ пулса кĕрешме» чĕнсе каланă. Çав законсен шутне резолюцире Смитăн, Тафт—Хартлин тата Маккарэнăн профашистла законĕсене те кĕртнĕ. Орегон штатĕнчи, Калифорнири, çавăн пекех ытти хăшпĕр районсенчи Америкăри ĕç федерацине тата Производство профсоюзĕсен конгресне кĕрекен вырăнти профсоюзсем çав асăннă штатсенчи рабочисене хирĕç йышăннă законсене пăрахăçа кăларассишĕн пĕрлĕхлĕ пулса кĕрешме калаçса татăлнă.

Пĕрлĕхлĕ пулассине çинчен калакан лозунг США-ри ĕççыннисем хушшинче чи паллă лозунгсенчен пĕри пулса тăрать. Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенчи рабочи класс çитĕнӳсемшĕн шанчăклăн кĕрешесси вăл пĕрлĕхлĕ пулнинчен килет. Рабочисем, хăйсене хирĕçле законсене тата профбюрократсен сутăнчăклăхне пăхмасăрах, демократилле ирĕклĕхсене çăлса хăварассишĕн, хăйсен пурнăçне лайăхлатассишĕн малалла кĕрешеççĕ.

**В. РОДИОНОВ.**

# Ялхуçалăхĕпе вăрман хуçалăхĕнчи ĕççыннисен пĕтĕм тĕнчери конференцийĕ

ВЕНА, октябрĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Венăра ялхуçалăхĕпе вăрман хуçалăхĕнчи ĕççыннисен пĕтĕм тĕнчери конференцийĕ уçăлнă. Конференци ĕçне ялхуçалăхĕпе вăрман хуçалăхĕнчи ĕççыннисен, хресченсемпе вак фермерсен 60 ытла çĕршывран килнĕ представителĕсем хутшăнаççĕ. Нумай делегатсем ялхуçалăхĕпе вăрман хуçалăхĕнчи ĕççыннисен профсоюзĕсен Пĕтĕм тĕнчери пĕрлешĕвне (Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн производствăлла пайĕ) кĕмен организацисенчен. Вĕсем—16 çĕршывран: Латинла Америкăран, Бирмăран, Кипртан, Индирен, Японирен, Сирирен, Ливанран, Израильтен, Австрирен тата ытти çĕршывсенчен килнĕ представительсем.

Конференцин кун йĕркинче ялхуçалăхĕпе вăрман хуçалăхĕнчи ĕççыннисен лурнăçĕ, вĕсен экономикăпа социальнăй требованисемшĕн пыракан кĕрешĕвĕн, ĕççыннисене — хресченсене вĕсен пурнăç интересĕсемшĕн пыракан кĕрешĕвĕнче пулăшу парасси çинчен, ялхуçалăхĕпе вăрман хуçалăхĕнчи ĕççыннисен кĕрешĕвĕ ăнăçлă пултăр тесен, çав кĕрешĕвĕн формисемпе организацилле меслечĕсене тăвасси çинчен тăракан ыйтусем.

Кун йĕркинчи пĕрремĕш ыйту тăрăх ялхуçалăхĕпе вăрман хуçалăхĕнчи ĕççыннисен профсоюзĕсен Пĕтĕм тĕнчери пĕрлешĕвĕн генеральнăй секретарĕ Илио Бози (Итали) доклад туса панă.

Доклад хыççăн пренисем пуçланнă.

ВЕНА, октябрĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер кунта ялхуçалăхĕпе вăрман хуçалăхĕнчи ĕççыннисен пĕтĕм тĕнчери конференцийĕ хăйĕн ĕçне малалла туса пынă. Конференцие ялхуçалăхĕпе вăрман хуçалăхĕнчи профсоюзсен Пĕтĕм тĕнчери пĕрлешĕвĕ (Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн производствăлла пайĕ) пухнă.

Председатель пулса ертсе пыракан С. В. Егуразлов (СССР) Панамăри ĕççыннисен представительне Марте Матамороса сăмах панă. Панама делегачĕ банан плантацийĕсенче ĕçлекен индеецсен йывăр пурнăçĕ çинчен каласа парать. Çĕршывра мĕнпур ĕçе тенĕ пекех алă вăйĕпе тăваççĕ. Ялхуçалăх ĕçĕсен пĕр процентне кăна механизациленĕ. Оратор çакна паллă тăвать: Панама — чи пĕчĕк ĕç укçи тӳлекен çĕршыв.

Эквадор представителĕ Модесто Ривера хăйĕн çĕршывĕнчи ĕççыннисен пурнăçĕпе кĕрешĕвĕ çинчен калать. Эквадорти мĕнпур çĕре 240 шултра помещик тытса тăрать. Халăхăн пысăк пайĕ çĕрсĕр пурăнать. Монополистсен пысăк мар ушкăнĕн интересĕсене хӳтĕлесе Эквадорти çĕрĕн 76 процентĕпе усă курмаççĕ, çавна пула Эквадор халăхĕ ĕç тупаймасть, тăтăшах выçă пурăнать.

Аргентинăри ялхуçалăхĕнче ĕçлекен рабочисен ячĕпе конференци участникĕсене Кастро делегат саламлать. Вăл ялхуçалăхĕнче ĕçлекен рабочисен пурнăçĕ çинче тĕплĕн чарăнса тăрать. Ĕçлекен халăх, тет оратор, чухăн, йывăр пурăнать, ĕç тупаймасть. Ялхуçалăхĕнчи рабочисенчен 60 процентĕ ытла ĕç тупаймасть. Кама та пулин ĕç тупма тӳр килсен, унăн вара иртен пуçласа сĕм çĕрлеччен ĕçлеме тивет. Рабочисене чи çăмăл санитари пулăшăвĕ те памаççĕ, хăрушсăрлăх техники те çук. Медицина пулăшăвĕ паманнине пула кунсерен çĕршер çын вилет.

Камерун представителĕ (Африка) М'билла плантацисенче ĕçлекен çынсен условийĕсем çинчен калать. Камерунри туземецсем, тет вăл, колонизаторсен хăрушă эксплуатацийĕнче пурăнаççĕ. Çĕршывра демократиллĕ ирĕклĕхсем тата профсоюзсен ирĕклĕхĕсем çук. Халăхсене, урăх расăллă çынсене тан мар тесе шутласа, пусмăрласа хĕсĕрлеççĕ. Вырăнти рабочисене Европăран е Америкăран килнĕ рабочисенчен 8 хут сахалтарах тӳлеççĕ. Плантацисенче ĕçлекен вырăнти халăх çыннисем хăйсен ĕçне хӳтĕлес правопа, социальнăй обеспечени правипе усă курмаççĕ. Профсоюз членĕсене хытă хĕсĕрлеççĕ, вĕсене тĕрмесене хупаççĕ.

Çак вăхăтченех, тет малалла М'билла негрсемпе сутă тăвасси сыхланса юлнă. Нумаях пулмасть франкистла Испанири колонизаторсем Камерунра пурăнакан ĕççĕр çынсене Испани Гвинейине илсе кайма пухнă. Унта вара вĕсене кашнине, Франци укçипе шутласан, 20 пин франка сутнă. Испани Гвинейинче камерунецсем талăкра 20-шер сехет хушши ĕçлеççĕ.

Юлашкинчен М'билла плантацисенче ĕçлекен ĕççыннисен требованийĕсем çинчен каласа парать. Вăл требованисем çаксем: çынна халран яракан мĕнпур ĕçсене пĕтермелле; рабочисене хĕнессине пĕтермелле; урăх расăллă çынсене тан мар тесе шутласа, пусмăрласа хĕсĕрлесси пулмалла мар; ачасене ĕçе илме тата ĕçлеттерме чармалла.

Пренисенче кун йĕркин пĕрремĕш пункчĕ тăрăх—«Ялхуçалăхĕпе вăрман хуçалăхĕнчи ĕççыннисен пурнăçĕпе вĕсен экономикăпа социальнăй требованийĕсемшĕн пыракан кĕрешĕвĕ çинчен» Венесуэла, Цейлон, Румыни, Мексика, Сальвадор, Куба, СССР, Итали, Демократиллĕ Германи Республикин представителĕсем тухса каланă.

Кун йĕркинчи иккĕмĕш ыйту тăрăх—«Ĕçхресченĕсене вĕсен пурнăç интересĕсемшĕн пыракан кĕрешĕвĕнче пулăшу парассине вăйлатасси çинчен» Видимари (Итали) доклад туса панă.

## Франциri ĕççыннисем Германи милитаризмĕ тепĕр хут çĕкленнине хирĕç протестлеççĕ

ПАРИЖ, октябрĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Франци столицинчи 30 пин çынна яхăн ĕнер халăх пухăвне хутшăннă. Пуху Бонра тата Парижра йышăннă вăрçă договорĕсене хирĕç, «Европа çарĕ» текенскерне тунине хирĕç кĕрешес, пĕтĕм тĕнчери тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа татса парас шухăш-кăмăлпа иртнĕ.

Пуху президиумĕнче — Хĕрарăмсен пĕтĕм тĕнчери демократиллĕ федерацийĕн председателĕ Эжени Коттон, Наци пухăвĕн депутачĕ, Прогрессивлă республиканецсен союзĕн членĕ Д'Астье де ла Вижери, Францири Коммунистсен партийĕн Политбюровĕн членĕ Раймон Гюйо, Пĕтĕм Францири ĕç конфедерацийĕн секретарĕ Жермена Гийе, Францин паллă писателĕ Луи Арагон, Боск пастор, Депьер аббат, паллă ученăйсем, артистсем. художниксем тата Францири демократилле общественноçăн ытти представителĕсем.

Пухура фашизма хирĕç тăракансен юхăмĕн инвалидсен федерацийĕн членĕ Жак Божэ, Францири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн членĕ Жорж Коньо тата ыттисем те тухса каланă. Вĕсем çакна палăртнă: Бонра тата Парижра тунă договорсен тĕп тĕллевĕ СССР тата халăх демократи çĕршывĕсене хирĕç тапăнма Хĕвеланăç Германие хĕçпăшаллантарасси пулать. Ораторсем Германи милитаризмĕ тепĕр хут çĕкленни Франципе хăрушлăх пулса тăнине палăртнă, Бонра тата Парижра тунă вăрçă договорĕсене Франци парламенчĕ ан çирĕплеттĕр, тесе мĕнпур ĕççыннисене кĕрешме чĕннĕ.

Пухура пулнисене Франциri Министрсен совечĕн председателĕ пулнă Эдуард Даладье чĕнсе каланă. «Оборона организацийĕ ячĕпе витĕнсе,—паллă тунă Даладье,—«Европăри оборона пĕрлешĕвĕ» çинчен тунă договор проекчĕ Германие хĕçпăшаллантарать, Европăра нацистла генералсемпе эсесовецсен çарĕсене хатĕрлет...

Виçĕ çул хушши ĕнтĕ эпĕ çак ылханлă проекта хирĕç кĕрешетĕп, малашне те кĕрешме пăрахмăп. Мĕншĕн тесен çак проект виççĕмĕш тĕнче вăрçи пуçласа ярассишĕн тăрать. Паллă ĕнтĕ, ытти çынсем те, хăйсем мĕнле партире тăнине тата мĕнле тĕн тытнине пăхмасăр, çак проекта хирĕç кĕрешеççĕ. Эпĕ те çак кĕрешӳре вĕсен союзникĕ пулатăп. Усал ĕçе чарма вăхăт çитрĕ, мĕншĕн тесен халăха кунтан-кун хытăрах та сĕмсĕррĕн хĕсеççĕ.

Германие хĕçпăшаллантарнине хирĕç, хăйсен вăйĕсене мир ĕçне тĕреклетме паракан мĕнпур çĕршывсемпе мирлĕ пурăнассишĕн Сурçĕртен пуçласа Кăнтăр таран пĕрле кĕрешер. Пирĕн çул çăмăл мар, анчах пĕрлешсе тата татăклă кĕрешсен, эпир проекта сивлемелле тума пултаратпăр. Вăл проект тăван çĕршывшăн хăрушă проект пулса тăрать».

Пухура республика совечĕн членĕсем Эдмона Мишле тата Лео Амон чĕнсе каланисене вуласа панă.

«Европа çарне» тунине хирĕç протестлекен, пĕтĕм тĕнчери тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа татса пама чĕнекен пухусем çавăн пекех Марсель, Лион, Сент-Этьен, Гренобль тата Францири ытти хуласенче те пулса иртнĕ.

## ФРАНЦИРИ ХРЕСЧЕНСЕН КĔРЕШĔВĔ

ПАРИЖ, октябрĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, октябрĕн 24-мĕшĕнче Монтелимар хулинче (Дром департаменчĕ) демонстраци пулса иртнĕ, унта виçĕ пин хресчен ытла хутшăннă. Демонстрантсене хулари муниципальнăй советăн членĕсем ертсе пынă. Демонстрантсем Ланьель правительствин декречĕсене хирĕç протестлекен плакатсем йăтса пынă.

Демонстраци вăхăтĕнче хулара мĕнпур магазинсене хупнă.

Коммунистсен партийĕн федерацийĕ пуçарнипе Тури Сена департаментĕнче хресченсен икĕ митингĕ пулса иртнĕ. Митингсенче Францири Коммунистсен партийĕн Политбюро членĕ Вальдек Роше тухса каланă. Вăл коммунистсен партийĕ хресчен ыйтăвĕ енĕпе мĕнле политика тытнипе паллаштарнă, Францири хресченсене Бонра тата Парижра йышăннă вăрçă договорĕсене çирĕплетессине хирĕç кĕрешме чĕннĕ.

## США ИНДИЕ ЮРĂХСĂР ТАВАРСЕМ ТĂРАТАТЬ

ДЕЛИ, октябрĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). «Нью эйдж» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Бомбей штачĕн апат-çимĕç министрĕ Чаван Пресс Траст оф Индиа агентствин корреспондентне çапла каланă: хальхи вăхăтра Бомбей, Пуна тата Сурат хулисенчи магазинсенче юрăхсăр тулă пуррине палăртнă. Апат-çимĕç министрĕ çапла хушса хунă: кун пек тулла Индие 600 пин тонна яхăн илсе килнĕ.

Çакна май хаçат çапла паллă тăвать: Индие Америкăран юрăхсăр таварсем илсе килесси пĕр хутчен кăна пулман. Çапла, иртнĕ çулта Америкăран çĕрсе кайнă çĕр мамăкĕ илсе килнипе пула, Инди темиçе миллион рупийлĕх тăкак курнă.

## Мускаври Евг. Вахтангов ячĕпе тăракан театрăн Варшавăри гастролĕсем

ВАРШАВА, октябрĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Варшавăри Государство Польша театрĕнче Мускаври Евг. Вахтангов ячĕпе тăракан театрăн пĕрремĕш спектаклĕ пулнă. Театр Варшавăна Польшăпа Совет Союзĕ хушшинчи туслăха çирĕплетмелли уйăхлăх ячĕпе килнĕ. Польшăри ĕççыннисене театрăн чи лайăх спектаклĕсенчен пĕрне—А. М. Горькин «Егор Булычев и другие» ятлă пьесине кăтартнă. Спектакльре Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн членĕсем, Польшăри Министрсен Совечĕн председателĕ Болеслав Берут, правительство членĕсем, Польша Халăх Республикин Государство совечĕн членĕсем тата унăн председателĕ Александр Завадский, Совет Союзĕн Польшăри посолĕ Г. М. Попов, çавăн пекех Польша столицинчи наукăпа литературăн тата искусствăн йышлă представителĕсем пулнă.

Совет артисчĕсене Государство Польша театрĕн режиссерĕ Б. Домбровский ăшшăн саламланă. Евг. Вахтангов ячĕпе тăракан театрăн главнăй режиссерĕ СССР халăх артисчĕ, Сталинла премни лауреачĕ Р. Симонов ăна хирĕç сăмах тухса каланă.

Спектакль пысăк ăнăçлăхпа иртнĕ.

## *Октябрь уявĕ ячĕпе*

ВАРШАВА, октябрĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Польша Халăх Республикинчи шахтăсемпе заводсенче, фабрикăсемпе стройкăсенче Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа ĕçри ăмăрту сарăлса пырать. Варшавăра тата Варшава воеводствинче мĕнпур промышленность предприятийĕсемпе стройкăсен коллективĕсем Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртăва хутшăннă. Познань воеводствинчи промышленность предприятийĕсенчи рабочисем 175 пин çын ытла конкретлă социализмла обязательствăсем илнĕ.

«Семьяновице» шахтинчи горняксем ку уйăхра планран ирттерсе 5 пин тонна яхăн çĕр кăмрăкĕ, «Вечорек» шахтинчи горняксем—3.700 тонна яхăн çĕр кăмрăкĕ кăларнă. Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртура çавăн пекех «Готвальд», «Весела-2» шахтăсен тата ытти предприятисен коллективĕсем те чылай çитĕнӳсем тунă.

«Покуй» ятлă металлурги заводĕнчи доменщиксем çак кунсенче çапла пĕлтернĕ: вĕсем Октябрьти Социализмла Аслă революци 36 çул тултарнă ятпа илнĕ обязательствăна срокчен пурнăçланă. Юлашки 11 кун хушшинче вĕсем планран иртерсе 850 тонна ытла чугун шăратса кăларнă.

Октябрь уявĕ умĕнхи ăмăртура тунă çитĕнӳсем çинчен çавăн пекех Лодзь хулинчи пир-авăр фабрикисенчи рабочисем, Силезири машиностроительсем тата ытти предприятисен коллективĕсем те пĕлтереççĕ.

## Берлинри ĕççыннисен митингĕ

БЕРЛИН, октябрĕн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Берлинра митинг пулса иртнĕ. Унта Хĕвеланăç Берлинри Рейникендорф районĕнчи (Франци секторĕ) 3 пин çын пулнă. Митинга Демократиллĕ Германин Наци фрончĕн руководителĕсем организациленĕ. Митингра пулнисем Демократиллĕ Германи Республикинче куллен кирлĕ таварсене çĕнĕрен йӳнетнине ырласа йышăннă.

Митингра Германири социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Берлинри организацийĕн правленийĕн секретарĕ Бруно Баум тухса каланă.

Митингра пулнисем резолюци йышăннă. Резолюцире çакна кăтартса панă: ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн тăрăшакан, пĕрлĕхлĕ, мире юратакан, демократиллĕ Германи тăвассишĕн çине тăрса ĕçлекен сенат пулнă пулсан, Хĕвеланăç Германире те хаксене йӳнетме май пулатчĕ.

## ПĔЛТЕРНИ

Октябрĕн 28-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче политикăлла экономие харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем валли лекци пулать. Тема: «Политэкономи предмечĕ».

Лектор — экономикăлла наукăсен кандидачĕ П. Л. Лебедев.

**КПСС ХУЛА КОМИТЕЧЕ.**

**Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.**

ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — октябрĕн 28-мĕшĕнче чăвашла спектакль «Айдар». Октябрĕн 29-мĕшĕнче вырăсла спектакль «Мачеха».

Спектакльсем 19 сехет те 30 минутра пуçланаççĕ.

КИНО

«УДАРНИК» — октябрĕн 28-мĕшĕнче тата малалли кунсенче те çĕнĕ илемлĕ фильм «Корабли штурмуют бастионы» («Адмирал Ушаков», 2-мĕш серн).

Сеанссем пуçланаççĕ: 14 сехет те 15 минутра, 16 с. 15 м., 18 с. 15 м. тата 20 с. 15 м.

# ИТАЛИРЕ ШЫВ ИЛНИ

РИМ, октябрĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). «Паэзе Сера» хаçатăн корреспонденчĕ çапла пĕлтерет: Калабри облаçĕнче халĕ те питĕ вăйлă çумăрсем çăваççĕ. Шыв илнине пула çурт-йĕрсем нумай ишĕлнĕ. Влаçсем сиен курнă халăхăн пĕр пайне, çар флочĕн суднисемпе усă курса, Сицили утравĕ çинĕ ăна шут тытнă. Шыв илнĕ нумай поселоксенчи халăх сыхланса юлнă пӳртсен тăррисем çинче хăйсене пулăшу парасса кĕтет.

Реджо-ди-Калабри провинциальнăй совечĕн председателĕ Тропеа çапла пĕлтернĕ: шыв тулнă пирки пулнă сиен 30 миллиард лира патнелле пулать.

Сиен курнă районсенчи халăхсем влаçсене çакăн çинчен аса илтереççĕ: влаçсем темиçе хутчен те пĕвесем тăвасси тата обществăлла ĕçсем туса иртересси çинчен шантарса каланă. Анчах вĕсем хăйсен сăмахне тытман.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-09, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09016 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2435. Тираж 30,000 экз.